№ ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Февраль
25
ШАМАТКУН
№ 42 (9721)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

***Совет государстви ӳссе, çирĕпленсе пырать, вăл пĕтĕм этемлĕхе çĕнĕ тĕнчене куçма çул кăтартса хăватлă маяк пек çаплăн курăнса тăрать.***

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# СЪЕЗД ДНЕВНИКĔ

## *Февралĕн 22-мĕшĕнчи каçхи лару*

**(Вĕçĕ. Пуçламăшĕ иртнĕ номерте).**

Трибуна çинче — **И. Ф. Тевосян** юлташ. Утса тухнă çулăн итогĕсене палăртнăçемĕн, тенĕ вăл, пуринчен малтан пирĕн çакна калас пулать: пирĕн партипе унăн Центральнăй Комитечĕ, Центральнăй Комитет Президиумĕ ертсе пынипе ĕçлесе, аслă учитель Владимир Ильич Ленин хушса хăварнисене чыслăн пурнăçласа пычĕç. Парти халăхăн творчествăлла активлăхĕн пуçне тăма, йывăр промышленноçа Отечественнăй вăрçă хыççăнхи малтанхи çулсенче палăртса хунинчен чылай пысăкрах хăвăртлăхсемпе аталантарма пултарчĕ. Халĕ ĕнтĕ пирĕн çĕршывăн улттăмĕш пилĕкçуллăхра металл шăратса кăларассине, çĕр кăмрăкĕпе нефть кăларассине нихăш пилĕкçуллăхринчен те ытларах ӳстерме экономикăн хăватлă бази пур. Промышленноçа пысăк хăвăртлăхсемпе аталантарни пире çĕршыври кашни çын пуçне туса кăларакан продукци хисепне чылай ӳстерме, ССР Союзĕн экономика тĕллĕшĕнчи тĕп задачине пурнăçлас ĕçре шанчăклăн малалла пыма май парать.

Тевосян юлташ Çĕпĕр экономикине аталантарасси çинчен чылай каланă, металлургипе топливо промышленноçĕн работникĕсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен каласа панă.

Ĕç тухăçлăхне ӳстермелли майсем çинчен сăмах хускатса, оратор предприятисене специализацилени тата кооперациленни мĕнле пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă. Пирĕн, тенĕ вăл, хамăрăн промышленноçа çапла ураăхлатса йĕркелемелле: пĕр йышши продукцие специализациленĕ цехсемпе предприятисенче туса хатĕрлемелле, хатĕр машинăсем туса кăларакан заводсем вара, тĕпрен илсен, специализациленĕ заводсенчен илсе пыракан детальсене тата узелсене пухса майлаштарас тĕлĕшпе ĕçлемелле пултăр. Специализацилени тата кооперацилени, комплексла механизацилени тата автоматизацилени, тенĕ Тевосян юлташ, обществăлла ĕç тухăçлăхне нумай ӳстерме май парать.

Бельгири Коммунистсен партийĕ ячĕпе съезда **З. Бюрнель** юлташ саламланă. Ăна пурте алă çупса кĕтсе илнĕ.

Бельги халăхĕ, тенĕ вăл, Совет Союзĕпе питĕ интересленет. Мир тăшманĕсем тĕрлĕ элек сараççĕ пулсан та, Бельги халăхĕ хăйне Совет Союзне хирĕçле политика çулĕ çине тăратма парас çук. Пирĕн çĕршывсем хушшинче пĕр-пĕрин патне наука, культура, спорт деятелĕсен делегацийĕсене яни пысăк пулăшу пачĕ: халĕ Бельги халăхĕ Совет Союзне лайăхрах пĕлет, ăна татах та ытларах хисеплет.

СССР Верховнăй Совечĕ, Бельги парламентарийĕсен делегацине Совет Союзне килсе курма чĕнсе, совет халăхĕ Бельги халăхĕ тĕлĕшпе туслă туйăмсем тытса пурăннине кăтартса пачĕ.

Совет Союзĕ мире хӳтĕлес тĕлĕшпе çине тăрса тата ăнăçлă ĕçлени, тенĕ юлашкинчен Бюрнель юлташ, вăл атомлă хĕçпăшала чарса лартассишĕн, Хĕвеланăç Германие çĕнĕрен хĕçпăшаллантарнине хирĕç кĕрешни, СССР авторитечĕ питĕ нумай ӳсни телейлĕ те никама пăхăнман Бельгишĕн кĕрешекен ĕççынниссене татах та пысăкрах шанчăк параççĕ.

Çакăнпа каçхи лару хупăннă. (ТАСС).

## *Февралĕн 23-мĕшĕнчи ирхи лару*

Съездăн ирхи ларăвне **Г. Е. Бурацкая** юлташ председатель пулса ертсе пынă. Çак ларура СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсен проектне малалла сӳтсе явнă.

**Н. И. Бобровников** юлташа (Мускав парторганизацийĕ) сăмах панă. Пĕтĕм совет халăхĕ пекех, Мускаври ĕççынниссем те улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паналли Директивăсен проектне — парти Центральнăй Комитечĕ хатĕрленĕ проекта пурте пĕр шухăшлă пулса ырларĕç, тенĕ вăл.

Партипе правительство ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатас тĕлĕшпе пурнăçласа пыракан ĕçсем хушшинче хуласенчи строительство пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртса, Бобровников юлташ столицăна реконструкцилес ыйтусем çинчен нумай каланă.

Мускав хулин хуçалăхĕнче столицăри халăхăн культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерессине чылай лайăхлатма май паракан материальнă-техникăлла пысăк никĕс туса хунă. Иртнĕ çулта, 1940 çултипе танлаштарсан, йăлара усă курма газ парса тăрасси, пĕр çын пуçне мĕн чухлĕ расходланине шутласан, 8 хут, электроэнерги парасси 54 процент, шыв парса тăрасси 68 процент, тавар çаврăнăшĕ икĕ хута яхăн ӳснĕ. Иртнĕ çулта пурăнмалли çĕнĕ çуртсем пĕр миллион та 65 пин тăваткал метр чухлĕ тунă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра столицăна реконструкцилеме 25 миллиард тенкĕ ытла расходлама палăртнă. Пурăнмалли çуртсем, шкулсем, больницăсем, культурăпа йăла учрежденийĕсем нумай лартмалла.

Палăртса хунă ĕçсене пурнăçлама, тенĕ оратор, строительство организацийĕсене малалла пысăклатса пымалла, специализацилемелле, вĕсен хăватне ӳстермелле, сборнăй тимĕрбетон конструкцийĕсене ытларах ĕçе кĕртсе пымалла, çакă вара строительство хăвăртлăхĕсене ӳстерме тата унăн хакне чылай йӳнетме май парать.

Бобровников юлташ хăйĕн сăмахне вĕçлесе, пĕтĕмĕшле машиностроени, приборостроенипе автоматизаци хатĕрĕсен, строительствăпа çул-йĕр машиностроени министерствисен хула хуçалăхĕ валли тĕрлĕ машинăсем, механизмсем тата автоматизаци хатĕрĕсем ытларах туса кăлармалли çинчен каланă.

Унтан **А. Н. Косыгин** юлташ тухса каланă. Партипе правительство, йывăр индустрие ытларах вăйлатса пырса, çав вăхăтрах ялхуçалăхне çĕклес, сăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕн пур отраслĕсене те аталантарас ĕç çине яланах тимлĕ пăхаççĕ. XX съезд паракан Директивăсен проектĕнче çĕнĕ пилĕкçуллăхра куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине 60 процента яхăн ӳстерме палăртнă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕ валли ялхуçалăхĕ паракан чĕртавар кирек хăçанхинчен те чылай нумайрах пулать, массăсене кирлĕ таварсем туса хатĕрлеме искусственнăй тата синтетически чĕртавар туса кăларасси анлăрах саралать. Предприятисене пысăк тухăçлă автоматла ĕçлекен оборудованипе тата поток линийĕсемпе пуянлатассине хăвăртрах пурнăçласа пымалла.

Оратор çĕнĕ пилĕкçуллăхра промышленноçăн тĕп товарĕсемпе апат-çимĕç туса кăларасси мĕн чухлĕ ӳсмеллине кăтартса паракан цифрăсем çинчен каласа панă.

Мĕнпур йышши пир-авăр туса кăларасси 9 миллиард та 263 миллион метр таран ӳсет. 1960 çулта ată-пушмак 455 миллион мăшăр туса кăлармалла пулать. Кĕпетумтир çĕлесе хатĕрлесси пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле пĕр хут çурă ытла ӳсет. Сахăр туса кăларасси икĕ хут ӳсет. Çапла вара сахăр халăха кирлĕ чухлĕ, пĕтĕмпех çителĕклĕ пулать, кондитерски таварсемпе ытти таварсем туса кăларассине анлă сарма май килет. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра пĕтĕм çĕршывра аш-какай туса нассси тата сĕт суса нассси икĕ хут ӳсет. Пулă промышленноçĕ нумай вăйланать.

Косыгин юлташ малалла çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕ валли оборудовани тăратакан машиностроени предприятийĕсен задачисем çинчен каланă, капитальнăй строительствăна планлас ĕçе лайăхлатас пирки хăшпĕр шухăшсене каласа панă. Хальхи вăхăтра капитальнăй ĕçсен валли мĕн чухлĕ укçа хывассине пĕр çуллăха планлаççĕ, çи вырăнне пĕр-пĕр предприятие пĕтĕмпех туса пĕтеричченех унта мĕн чухлĕ укçа хывмалли плансем тусан тĕрĕсрех пулĕччĕ, тенĕ вăл. Укçатенкĕпе унпа мĕнле усă курнине пура, пĕр çулталăкра мĕн чухлĕ пана палăртнипе пăхмасăр, парса тăрсан усăллăрах пулать. Çавăн пек условисенче строительство ĕçĕсем хăвăртрах пурнăçланса пырĕç тата йӳнĕрех ларĕç.

**Н. П. Орловский** юлташ (Белорусси парторганизацийĕ) СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсен проектне совет халăхĕ пысăк савăнăçпа кĕтсе илсе ырларĕ, тенĕ.

Оратор «Рассвет» ялхуçалăх артелĕнчи колхозниксен ĕçĕсем çинчен, малашнехи ĕçсен планĕсем çинчен каласа панă. Колхозра 1.200 кил ытла. Унăн çĕрĕ тăхăр пин гектар. Вăл хуçалăхăн пур отраслĕсенчен те пысăк тупăш илет. Колхоз пысăк çĕр лапткĕ çинче вунă çул хушши ĕнтĕ яланах пысăк тухăçлă çĕрулми туса илет. Иртнĕ çулта государствăна тата колхозсен пасарĕнче çĕрулми сутса пĕр миллион тенкĕ ытла укçа пухнă. Пахча çимĕç ӳстернипе тата садран 1,5 миллион тенкĕ ытла, йĕтĕн ӳстернипе 7,5 миллион тенкĕ илнĕ. Иртнĕ çулта колхоз кашни ĕнерен вăтам шутпа 2.920 килограмм сĕт суса илнĕ, кашни чăхран 158 çăмарта илнĕ. Вылăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç колхоза 5,2 миллион тенкĕ панă.

1955 çулта кашни ĕçкунĕ пуçне 30 тенкĕ укçан, 3 килограмм тырă, 10 килограмм çĕрулми тата ытти продуктсем валеçнĕ. Сăмахран, Дудченко колхозникăн çемйи 280 пăт тырă, 880 пăт çĕрулми, 90 пăт пахча çимĕç, 43 пин тенкĕ укçа илнĕ. Кун пек çемьесем ялхуçалăх артелĕнче нумай.

Колхоз правленийĕпе партин пуçламăш организацийĕ бригадирсемпе фермăсен заведующийĕсем пулса ĕçлемелли çынсене уйăрса лартасси çине тимлĕ пăхаççĕ. Сынсем хушшинче эпир çине тăрса ĕçлетпĕр, вĕсене хуçалăха тĕрĕс тытса пыма, обществăлла пурлăха упрама тата нумайлатса пыма вĕрентетпĕр, тенĕ Орловский юлташ.

Кун хыççăн Орловский юлташ строительство ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăнă. Висĕ пĕчĕк яла колхоз вырнаçнă тĕп вырăна куçараççĕ. Çĕнĕ вырăнта колхозниксем хăйсен шучĕпе лайăх çуртсем лартаççĕ. Колхоз вĕсене пулăшать. Артель укçан пысăк тупăш илет, çавна май укçа-тенкĕн пĕр пайне колхозниксен çурчĕсене, культурăпа йăла çурчĕсене лартма, урамсене асфальт сарма расходлать.

Унтан **Н. И. Байбаков** юлташ тухса каланă. Улттăмĕш пилĕк çуллăх тĕлĕшпе съезд паракан Директивăсен проектне хатĕрлес ĕçĕн уйрăмлăхĕсем çинчен каласа, вăл çак ĕçе пирĕн çĕршыври ĕççыннисем активлă хутшăннине, вĕсем паха сĕнӳсем нумай паннине палăртнă. Çакă вара халĕ ĕçлекен предприятисен хăвачĕпе усă курас, ĕç тухăçлăхне ӳстерес, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетес тата ытти ĕçсем тĕлĕшпе министерствăсемпе Госплан малтанлăха палăртса хунисене ӳстерме май панă. Директивăсен проектне хатĕрленĕ чухне Госплан партин пуринчен ытларах йывăр промышленноçа аталантармалли политикине, КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет правительствин решенийĕсене ĕçра тытнă.

Малалла Байбаков юлташ çĕнĕ пилĕкçуллăх плана ăнăçлăн пурнăçлассинче ĕç тухăçлăхне ӳстерни питĕ пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă. Пилĕк çуллăх планра палăртнă ĕçсене тунă чухне ĕç тухăçлăхне пĕр процент ӳстерни те кирлĕ ĕç вăйĕн хисепне 165 пин çын чухлĕ ытла чакарма май парать, çĕр кăмрăкĕ кăларассине пĕр çулталăкрах 4 миллион тонна чухлĕ, электроэнерги туса кăларассине 1.300 миллион киловатт-сехет чухлĕ ӳстерме пулать. Промышленность продукцийĕн хăйне ларакан хакне пĕр процент чакаринпех 1960 çулта 10 миллиард тенкĕ перекетленет. Оратор чĕртаварпа материалсене расходламалли нормăсене чакарма таткăлă мерăсем йышăнма кирли çинчен каланă. Производствăра пĕр йышши чĕртавар вырăнне тепĕр йышши чĕртаварпа заменительпе усă курассине анлă сармалла. Производствăри усăсăр тăкаксене хирĕç таткăлăн кĕрешмелле, производствăн ĕçри хăвачĕсемпе лайăхрах усă курмалла, промышленноçа специализацилесе тата кооперацилесе пымалла. Съезд делегачĕсем Госплана тата Госэкономкомиссине критиклени, уйрăмах промышленноçа специализацилесе тата кооперацилесе енĕпе çитмелĕксĕр ĕçленĕшĕн критиклени, тĕрĕс пулнине Байбаков йышăннă.

Хăйĕн сăмахне вĕçлесе, оратор халĕ Госплан коллективĕ умĕнче пирĕн çĕршывăн экономикипе культурине аталантармалли малашлăх планне темиçе пилĕкçуллăх валли хатĕрлес тĕлĕшпе пысăк задачăсем тăраççĕ, тенĕ. Çав плана тунă чухне халăх хуçалăхĕн питĕ пысăк проблемисене пысăк усăллă татса памалла тăвассине шута илмелле, унта хуçалăхăн социализмла системипе капитализмла система хушшинчи экономикăлла ăмăртăвăн проблемисем конкретлăн палăрса тăрĕç.

**Т. С. Мальцев** юлташ (Курган парторганизацийĕ) сăмах илнĕ. Вăл философипе экономика наукине социализмла строительствăн практикипе тачă çыхăнтарма кирли çинчен каланă. Философи те, çутçанталăк çинчен вĕрентекен наука пекех, ялхуçалăх работникĕсене çутçанталăк законĕсене тĕплĕн пĕлсе çитме пулăшма тивĕçлĕ, тенĕ вăл.

Реакцилле философсем çĕрĕн тухăçлăхĕ чакса пыни çинчен калакан закон тата халăх ытлашши хунанин законĕ тенĕскерсене «шухăшласа кăларнă», тенĕ оратор. Çакă вĕсене халăх çуклăхра асапланса пурăнни эксплуататорла стройран килмест, халăх ытлашши хунанăран тата тăпра тухăçлăхĕ чакса пынинчен килет тесе ĕнентерме кирлĕ пулнă. Пирĕн философсен, агрономи наукипе союзлă пулса, çавăн пек реакцилле шухăшсене хирĕç урăх закон, çутçанталăкăн объективлă чăн-чăн законне—тăпра тухăçлăхĕ пĕрмаях хушăнса пыни çинчен калакан закон вирлĕн кăларса тăратмалла.

Малалла Мальцев юлташ конкретлă примерсем илсе, Курган облаçĕнчи «Заветы Ленина» колхозра тăпрана çĕнĕ меслетпе сухаласа кăпкалатни питĕ пысăк усă пани, çав меслет малта тăни çинчен каласа панă.

Çĕрĕç культурине ӳстерсе пымашкăн, тенĕ юлашкинчен Мальцев юлташ, тăпрана сухаласа кăпкалатмалли чылай хатĕрсен конструкцийĕсене тĕпренех урăхлатса лайăхлатмалла, çавăн пекех тата агрономи наукипе ялхуçалăх практикин требованийĕсен юрăхлă çĕнĕ хатĕрсем тумалла. Агротехникăна хальхи машинăсемпех пурнăçлама юрăхлă тума кирлĕ мар, агротехника требованийĕсене пурнăçлама юрăхлă çĕнĕ машинăсем тăвас пулать. Çавăн пек машинăсем тăвас тесен, конструкторсен уй-хиртен аякра пулмалла мар. Вĕсен МТС-сенче, инженерсемпе, трактористсемпе, комбайнерсемпе тата ялхуçалăхĕн ытти специалисчĕсемпе пĕрле, вĕсемпе çыхăнса ĕçлемелле.

**В. А. Малышев** юлташ хăйĕн сăмахĕнче халăх хуçалăхĕнчи техника прогресĕн ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăнă.

Партин Центральнăй Комитечĕ, тенĕ оратор, эпир пурăнакан вăхăтăн паллă уйрăмлăхĕсене кăтартса парать. Çак уйрăмлăхсем наукăпа техника ыйтăвĕсем çине халиччен нихçан тимлĕрех пăхма хушаççĕ. Хальхи вăхăтра наукăпа техника нихçанхинчен те вăйлăрах аталанаççĕ, вĕсен аталанăвĕн хăвăртлăхĕсем пĕрмаях ӳссе пыраççĕ. Çакă вăл производствăна халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче ӳстерсе пымашкăн наука тата техника çитĕнĕвĕсемпе пĕр тăхтаса тăмасăрах усă курма хушать. Çапла тума пирĕн мĕнпур майсем—кучуххихи лайăх аталаннă промышленность пур, ученăйсен, инженерсен, техниксен опытлă кадрĕсем пур, рабочи класăн культурăна техника тĕлĕшĕнчи шайĕ нумай ӳсрĕ.

Анчах промышленноçăн нумай отраслĕсенче çĕнĕ предприятисен проекчĕсене пĕтĕмĕшпех кучуххихи техника никĕсĕ çинче туса хатĕрлемеççĕ-ха, хăш чухне вара вĕсене кивелсе çитнĕ техникăна асра тытса тăваççĕ, сахал усă кӳрекен технологи процесĕсемпе тата кивелсе çитнĕ оборудованипе усă курма палăртаççĕ, çакна пула вара ĕçе кĕртекен хăват единицине тума кайкан укçа-тенкĕн таплаштарулла виçи, апла пулсан, заводсен, предприятисен хакĕ те ӳсет, тенĕ оратор.

Проектсем туса хатĕрлекен инженерсен, тенĕ Малышев юлташ, çĕнĕ промышленность предприятийĕсен проекчĕсене туса хатĕрленĕ чухне кучуххихи техникăна хăюллăн та анлăн усă курмалла, çапла вара халăх хуçалăхĕ валли нумай миллиард тенкĕ перекетлемелле.

Комплексла механизацине автоматизацие промышленноçа кĕртсе пырасси çинчен сăмах хускатса, Малышев юлташ çапла каланă: ку ĕç çине творчествăлла пăхмалла, кивĕ тата хăнăхнă технологипех ĕçлемелле мар, технологипе производствăн кивĕ процесĕсене тĕпренех лайăхлатмалла, кирлĕ чухне вара улăштармалла та.

**Б. П. Бещев** юлташ Директивăсен проектĕнче чугун çул транспортне вăйлатас тĕлĕшпе тума палăртнă пысăк ĕçсем çинчен каланă. Пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле пĕтĕм груз çаврăнăш планĕн 45 процентне электровозсемпе тата тепловозсемпе ĕçлесе пурнăçламалла. (Иртнĕ çул вĕсемпе грузсен 14 процентне турттарнă). Сакăр пин ытла километр тăршшĕ чугун çулсем çинче, çав шутра çĕршыв центрне Уралпа, Çĕпĕрпе тата Донбаспа çыхăнтарса тăраканнисем çинче электровозсем çӳреме пуçлаççĕ. 18 пин километр тăршшĕ чугун çул линийĕсем çинче тепловозсен çӳретме тытăнмалла.

Транспорта техника тĕлĕшĕнчен реконструкцилеме Çул-йĕр министерствин кăна мар, ытти чылай министерствăсен те нумай вăй хумалла пулать. Анчах та, тенĕ Бещев юлташ, транспорт машинисем тăвакан промышленноçпа электротехника промышленность министерствисем çĕнĕ йышши локомотивсем туса кăларма тытăнас тĕлĕшпе питĕ вăраххăн ĕçлеççĕ.

Директивăсен проектĕнче çул-йĕр хуçалăхне реконструкцилеме палăртнă. 65 пин километр тăршшĕ çĕнĕ рельссем, çав шутра йывăр рельссем 58 пин километр тăршшĕ хурса тухмалла пулать. Çĕнĕ чугун çул линийĕсемпе иккĕмĕш çулсем тума палăртнă.

Хрущев юлташпа съездăн хăшпĕр делегачĕсем чугун çул транспорчĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсене тĕрĕс критиклерĕç, Çул-йĕр министерстви çав çитменлĕхсене пĕтерме мерăсем йышăнĕ, тенĕ оратор.

Ирхи ларура съезда урăх çĕршывсенчи коммунистсен партийĕсен чылай представителĕсем саламлă сăмахсем тухса каланă. Вĕсене делегатсем ăшшăн саламланă.

Данири Коммунистсен партийĕ ячĕпе **А. Ларсен** юлташ çапла каланă:

Сирĕн съезд Совет Союзĕнче социализм калама çук пысăк прогресс тунине, вăл капитализм системинчен малта тăнине кăтартса парать. Вăл мире юратакан этемлĕх тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатассишĕн, мирлĕ пурăнассишĕн тата пĕтĕм тĕнчери çирĕп миршĕн пуçласа янă кĕрешӳре Совет Союзĕ хăватлă вăй пулса тăнине çĕнĕрен çирĕплетсе пачĕ.

Совет Союзĕ, тенĕ малалла Ларсен юлташ, хăй Данипе унăн халăхĕн тусĕ пулса тăнине яланах палăртрĕ, пирĕн çĕршывăн суверенитетне яланах хисеплерĕ, ăна хӳтĕлеме пулăшса пычĕ, пирĕн государствăн шалти ĕçĕсене нихçан та хутшăнмарĕ. Акă мĕншĕн ĕнтĕ çакă уççăнах курăнать: Дани вырăнĕ социализм çĕршывĕсене хирĕçле Çурçĕр Атлантика союзĕнче мар, нейтральнăй нацисен ретĕнче пулмалла.

Индири Коммунистсен партийĕ ячĕпе КПСС XX съездне **Аджой Кумар Гхош** юлташ хĕрӳллĕн саламланă.

Совет Союзĕ, тенĕ вăл, Хĕвелтухăçĕнчи колониализм пусмăрне сирсе пăрахнă, хăйсен экономикине юсаса аталантарма тăрăшакан халăхсен шанчăклă союзникĕ, ырă кăмăллă тусĕ тата тăванĕ пулса тăрать. Вăл политикăлла обязательствăсем йышăнтарма тăрăшмасăрах пулăшу сĕнет.

Булганинпа Хрущев юлташсем Индие пыни, тенĕ малалла Гхош юлташ, Индипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх уянĕ пулса тăчĕ. Çак уява пирĕн çĕршыври мĕнпур классем, мĕнпур партисем тата халăхăн мĕнпур сийĕсем хутшăнчĕç. Вăл пирĕн халăхăн чи анлă пĕрлĕхне кăтартса пачĕ.

Гоа тата Кашмир тĕлĕшпе Совет Союзĕ йышăннă позицие Инди халăхĕ пысăка хурса хаклать. Çак факт пирĕн халăха кам унăн чăн-чăн тусĕ пулса тăнине кăтартса парать.

Н. А. Булганин, Н. С. Хрущев тата Дж. Неру пĕрле тунă заявлени, Индипе Совет Союзĕ йышăннă коммюнике историллĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ документсем пулса тăраççĕ. Вĕсем Азири тата пĕтĕм тĕнчери мире çирĕплетме нумай пулăшаççĕ.

Колониализм юлашкийĕсене пĕтермелли, халăх массисем валли телейлĕ пурнăç тумалли çул çинче Инди халăхĕ умĕнче пысăк йывăрлăхсем тăраççĕ, тенĕ юлашкинчен Гхош юлташ. Анчах пирĕн парти çакна шанса тăрать: наци пĕрлĕхĕ, мĕнпур партисен, классен, халăх сийĕсен демократилле тата патриотла вăйĕсен пĕрлĕхĕ çине таянса, əслă Инди халăхĕ çав задачăсене пурнăçлама пултарĕ.

Эпир çапла шанса тăратпăр: тĕнчери виçĕ аслă çĕршыв—СССР, Китай тата Инди хушшинчи туслăх пĕрмаях çирĕпленсе пырĕ, пĕтĕм тĕнчери мирĕн чи хăватлă факторĕ пулса тăрĕ.

Съезда Норвегири Коммунистсен партийĕ ячĕпе саламласа, **Э. Левлиен** юлташ çапла каланă:

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕ питĕ пысăк çитĕнӳсемпе çĕнтерӳсем турĕç, хăйсен авторитетне ӳстерчĕç, вĕсене капитализмла çĕршывсенчи халăхсем хисеплеççĕ. Пирĕн çĕршыври нумайрах та нумайрах çынсем çакна ăнланаççĕ: Совет Союзĕнче производство хăватлăн ӳсни вăл мирлĕ ăмăртура социализмла система капитализмла системăран малта тăнине кăтартса парать. Марксизм теорине пурнăçа кĕртнĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ капитализмла çĕршывсенчи коммунистсен партийĕсене хавхалантаракан хăватлă çăлкуç пулса тăрать.

**Д. Энсина** юлташ Мексикăри Коммунистсен партийĕ ячĕпе съезда хĕрӳллĕн саламланă.

Мексика халăхĕ, тенĕ вăл, Мексикăна наци тĕлĕшĕнчен чăнннипех никама пăхăнмасăр аталантарса пырассишĕн кĕрешет. Çак кĕрешӳре вăл çĕнтерет. Пирĕн халăх пĕлет, хăйĕн тĕрĕс ĕçшĕн пыракан кĕрешĕвĕнче вăл пĕччен мар. Тĕнчери мĕнпур халăхсем, уйрăмах та мирĕн, демократин тата социализмăн аслă лагерĕ—пирĕнпе пĕрле. Юратнă аслă Совет Союзĕ çак лагере ăнăçлă ертсе пырать.

Ирхи ларура çавăн пекех КПСС XX съездне Турцири, Алжирти тата Колумбири коммунистсен партийĕсем янă саламлă çырусене вуласа панă.

## *Февралĕн 23-мĕшĕнчи каçхи лару*

Каçхи ларăва **З. Р. Рахимбабаева** юлташ председатель пулса ертсе пынă.

Прениre чи малтан **В. А. Кучеренко** юлташ тухса каланă. Улттăмĕш пилĕкçуллăхри капитальнăй строительство енĕпе питĕ пысăк ĕçсем тумалла, çакă строительство индустрийĕн работникĕсем умне пысăк задачăсем кăларса тăратать, тенĕ вăл. Строительствăна малалла индустриализацилес, унăн пахалăхне лайăхлатас тата хакне йӳнетес тĕлĕшпе партин Центральнăй Комитечĕпе правительство чылай решенисем йышăнчĕç. Çак решенисене пурнăçласа пырса, строительсем хăшпĕр çитĕнӳсем турĕç. Çуртсем валли сборнăй тимĕрбетон туса кăларакан предприятисем нумайланчĕç, проект организацийĕсен ĕçĕ кăштах лайăхланчĕ. Анчах та строительсен ĕçĕнчи халиччен тунă çитĕнӳсемпе лăпланса ларма, çитменлĕхсене курмасăр тăма юрамасть.

Кучеренко юлташ строительство ĕçне малалла лайăхлатассипе çыхăнса тăракан ыйтусем çинчен тĕплĕн каланă. Вăл, сăмахран, çапла кăтартса панă: улттăмĕш пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле строительсен ĕç тухăçлăхне 52 процентран кая мар ӳстермелле. Çакна ăна строительствăна малалла индустриализациленипе, строительство ĕçне лайăхрах организациленипе тата ĕççĕр тăрассине пĕтернипе тумалла.

(Малалли 4-мĕш страницăра).



Мускав. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ.
УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Съезд Президиумĕн членĕсем делегатсем хушшинче.
В. Савостьянов фотоӳкерчĕкĕ. (ТАСС фотохроники).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Л. М. Каганович юлташ сăмахĕ

Юлташсем! Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче, çавăн пекех XX съезд пирĕн парти пурнăçĕшĕн, пирĕн çĕршыв пурнăçĕшĕн тата пĕтĕм тĕнчешĕн питĕ пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Ку çакăнтан килет: пирĕн парти хăватлă Совет государствине ертсе пырать, Совет государстви тĕнчери политикăра пысăк вырăн йышăнать, тĕнчери событисен аталанăвне вăл ытларах та ытларах влияни кӳрет. Тепĕр енчен, ку çакăнтан та килет: XX съезд совет халăхĕ пирĕн парти ертсе пынипе коммунизм тунă чухнехи çĕнĕ, çав тери паллă тапхăрта пуханчĕ.

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕ, Н. С. Хрущев юлташ туса панă доклад, пирĕн хăватлă, халăх юратакан большевиксен партийĕн иксĕлми творчествăлла вăйĕсем мĕн тери пысăк пулнине лайăх та ĕненмелле кăтартса парать. (Алă çупаççĕ).

Пирĕн партипе çĕршыв пурнăçĕнче отчетлă тапхăр кăткăс та йывăр тапхăр пулнă.

Çакна асра илес пулать: XIX съезд хыççăн часах СССР тăшманĕсем, коммунизм тăшманĕсем, мир тăшманĕсем, пирĕн партире, ăна ертсе пырас ĕçре кризис пуласса, рабочи класпа хресченсем хушшинче, пирĕн нумай нациллĕ государствăри халăхсем хушшинче килĕшӳ пĕтессе шанса, хăйсен усал планĕсене тунă.

Халĕ империализм хуçисем те, унăн тарçисем те—мисемĕш хут ĕнтĕ—йăлтах путланса ларнине пĕтĕм тĕнче курать.

Сичĕ миллионлă аслă парти хăйĕн XX съездне хăватлă пĕрлĕхпе, коллективлă ертсе пырас принципа çирĕп тытса пыракан хăйĕн ленинла Центральнăй Комитечĕпе унăн Президиумĕ тавра тачă пĕтĕçсе кĕтсе илчĕ. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Рабочи класпа колхоз хресченĕсем хушшинчи союз, пирĕн çĕршыври халăхсен туслăхĕ нихçанхинчен те ытларах çирĕпленчĕ. Совет халăхĕ пирĕн парти тавра тата тачăрах пĕтĕçрĕ.

Ĕçре тĕрĕсленнĕ большевикла меслете пула—хăюллă критикăпа самокритикăна пула—парти тата унăн Центральнăй Комитечĕ партипе çĕршыв умне питĕ çивĕччĕн тухса тăнă пысăк та кăткăс ыйтусене тĕрĕс татса пачĕç.

Берияна фашистла-провокаторла бандине хăюллăн та татăклăн тăрă шыв çине кăларса, пĕтерсе хунă. Çавна май партипе Совет государствине çирĕплетнĕ.

Промышленность ӳсĕмĕпе, халăх ыйтăвĕсемпе ялхуçалăхĕ хушшинче пулса тăнă диспропорцие пысăк принциплăхпа тата ĕçри хастарлăхпа уçса палăртнă, ялхуçалăхĕнчи ĕçсене йĕркелемелли мерăсене кăтартса панă тата вĕсене хăшпĕр таран пурнăçланă та ĕнтĕ.

Промышленноçра, транспортра, ялхуçалăхĕнче техника прогресĕн ыйтăвне çĕнĕ пусăма çĕкленĕ. Промышленноçри ĕçсене йĕркелемелли тата çитменлĕхсене пĕтермелли майсене кăтартса панă.

Кучуххенхи условисемпе лару-тăрăва марксистла-ленинла шута илнĕ никĕс çинче Совет Союзĕн тулашри политикинче, миршĕн кĕрешес ĕçре пысăк та активлă пуçарăва хăюллăн аталантарса пынă.

XX съезд тăвакан тĕп итог çакă пулать: Совет Союзĕнчи халăхсем парти ертсе пынипе, çĕршыва индустриализацилесе тата ялхуçалăхне коллективизацилесе тунă çитĕнӳсем çине таянса, халăх хуçалăхне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕкçуллăха ăнăçлăн тата срокчен тултарчĕç.

Халăхăн материальнăй пурнăçне лайăхлатас ĕçре тата коммунизм строительствинче çĕнĕ пысăк утăм тунă.

Аслă Китай Халăх Республики тата ытти халăх демократи çĕршывĕсем: Польша Халăх Республики, Чехословаки Республики, Венгри Халăх Республики, Румыни Халăх Республики, Болгари Халăх Республики, Албани Халăх Республики, Демократиллĕ Германи Республики, Халăх Демократиллĕ Корея Республики, Монголи Халăх Республики, Демократиллĕ Вьетнам Республики Совет Союзĕпе — социализмла хăватлă лагерĕн ертсе пыракан тĕп вăйĕпе ĕмĕрлĕх туслăха тата ытларах çирĕплетрĕç. Совет государстви миршĕн, пĕтĕм тĕнчери халăхсен хăрушсăрлăхĕпе туслăхĕшĕн кĕрешсе, пысăк çĕнтерӳсем турĕ.

Партин аслă органĕ — XX съезд партин Центральнăй Комитечĕ тунă ĕçсене, пĕр тухăм-кăмăллă пулса, тивĕçлипех пысăк савăнăçпа ырлĕ, мĕншĕн тесен Центральнăй Комитет партипе пĕтĕм халăха аслă Ленин çулĕпе ăнăçлăн малалла илсе пырать. (Нумайччен алă çупаççĕ).

## I.

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче парти пĕтĕм тĕнчери миршĕн, тĕнчери хăрушсăрлăхшăн, халăхсен туслăхĕшĕн, мĕнпур государствăсем, вĕсен социальнă-политикăлла стройĕ мĕнле пулнине пăхмасăр, мирлĕ ĕçлесе пурăнассишĕн кĕрешсе тунă пысăк çитĕнӳсене марксистла тарăн тишкерсе туса, уççăн кăтартса панă.

Пирĕн тулашри политикăри çитĕнӳсем Центральнăй Комитет ленинла аслă политикăна яланах тĕрĕс тытса пынинчен килеççĕ.

Пирĕн парти тытса пыракан тулашри политикăн вăйĕ çакăнта: вăл пĕтĕмĕшпех наука никĕсĕ çинче, илсе тата çĕрсе пыракан империализма ленинла анализ тунă никĕс çинче тытăнса тăрать. Тĕнчери экономикăпа политика аталанăвĕн законĕсене тĕпчесе пĕлсе, тĕнчери классен вăйĕсен шайлашăвĕ улшăннине шута илсе, пирĕн Партипе Правительство çĕнĕрен çĕнĕ задачăсене вăхăтра кăларса тăратса, ăнăçлă татса параççĕ. Совет Союзĕпе пĕтĕм социализмла лагерĕн позицийĕсене çирĕплетсе пыраççĕ, çакă вăл империализм позицийĕсем вăйсăрланнине пĕлтерет.

Пирĕн партипе Совет государствин аслă çулпуçĕ В. И. Ленин çапла кăтартса панă: Октябрьти революципе пула тĕнче пĕр-пĕрне хирĕçле икĕ системăна — социализмла тата капитализмла системăсене — уйрăлнă хыççăн, тĕнчери политика икĕ çулпа аталанса пырать: пĕр çулĕ историре пĕтме пӳрнĕ эксплуататорла классем «хăйсен» çĕршывĕсенчи рабочи класпа ĕççыннисен массисем тĕлĕшпе хăйсем пуçпулса тăнине сыхласа хăварма тата ытти çĕршывсенчи халăхсене чуралăхпа пусмăрта усрама тăрăшнине пĕлтерет.

Тепĕр çулĕ рабочи класпа пусмăрти халăхсен эксплуатаци, чуралăх, пусмăр çинче тытăнса тăракан, вăрçăсем, кризиссем, ĕçсĕрлĕх суратса тăракан, массăсене чухăнта выçă хăваракан общество вырăнне çĕнĕ общество туса хурас тесе, çак çĕнĕ обществăра социальнăй пусмăрпа нацилле пусмăртан хăтăлнă, ирĕклĕ те никама пăхăнман халăхсем мирлĕ пурăнма, тăванла килĕштерсе ĕçлеме, пĕр-пĕрне хисеплеме тата пулăшма пултарччăр тесе çине тăрса кĕрешнине пĕлтерет.

Пролетариатăн аслă учителĕ К. Маркс çавăн пек общество пурĕпĕрех пулассине наука тĕлĕшĕнчен никĕслесе кăтартса панă. «Кивĕ обществăна, унăн экономикăри чухăнлăхĕпе политикăри ăссăрлăхне хирĕç, тесе çырнă вăл,—çĕнĕ общество суралать, унăн тĕнчери принципĕ—мир, мĕншĕн тесен кашни халăхăн пĕр хуçа—ĕç пулать!» (К. Маркс, Ф. Энгельс. Суйласа илнĕ произведенисем, 1 том, 449 стр.).

Тĕнчери событисен пĕтĕм аталанăвĕ наукăлла коммунизм никĕсне тăвакансем малашлăха витĕр курса тăни тĕрĕс пулнине кăтартса парать. Центральнăй Комитет XX съезда туса панă отчетлă докладра çавна çĕнĕрен çирĕплетсе панă.

Партин XIX тата XX съезчĕсем хушшинчи тапхăрта Совет Союзĕн пĕтĕм тĕнчери авторитечĕ, вăл тĕнчери событисене витĕм кӳресси калама çук ӳсрĕ. СССР Совет Союзĕпе Китай Халăх Республики ертсе пыракан социализмла лагерĕн çĕршывĕсен тĕнчери позицийĕсем çирĕпленчĕç. Югославипе туслă та тăванла çыхăнусем тытма пуçланă.

Тепĕр енчен, капитализмăн пĕтĕмĕшле кризисĕ çивĕчленчĕ, империализмăн колониалле системи арканса пырать.

Тĕнчере тĕпренех улшăнусем пулни тĕрлĕ социальнă-политикăлла стройлă государствăсем хушшинче мирлĕ пурнăç тăвассишĕн, вăрçа сирсе ярассишĕн кĕрешме лайăхрах малашлăхсемпе условисем туса парать.

Çавăнпа та, марксизм-ленинизмпа догматикăлла мар, творчествăлла, метафизикăлла мар, диалектикăлла усă курса, Центральнăй Комитетăн Н. С. Хрущев юлташ туса панă отчетĕнче чи паха ыйтусем çине халĕ çĕнĕлле пăхни питĕ тĕрĕс. Вĕсем мирлĕ ĕçлесе пурăнасси çинчен, вăрçа сирсе ярасси çинчен, социализма пусмалли формăсемпе çул-йĕрсем çинчен тăракан ыйтусем. Çак ыйтусем пурте пĕр-пĕрне тачă çыхăннă. Чи пысăк вырăнта вăрçăпа мир ыйтăвĕ тăрать, мĕншĕн тесен вăл çĕр чăмăрĕн мĕнпур кĕтесĕсенчи вуншар та çĕршер миллион çынсен, çирĕммĕш ĕмĕрте икĕ тĕнче вăрçин асапне тӳснĕ çынсен, пурнăçри чи çивĕч ыйтăвĕ.

Паллах, эпир вăрçă кăларакан, уйрăмах империализм вăхăтĕнче вăрçă кăларакан сăлтавсене ăнланас енчен класлă марксистла-ленинла позици çинче тăратпăр.

Совет государствине илес пулсан, халăхсене хăйĕн идеологийĕпе социальнă-политикăлла стройне йышăнтарма, тĕнчери тавлашуллă ыйтусене хĕçпăшал вăйĕпе татса пама, унтан та ытларах, ют территорие туртса илме тата ытти халăхсене чуралантарма вăрçăсем пуçлас ĕмĕт унăн класлă природишĕн пачах ют.

Империализма илес пулсан, вăрçăсем пуçланасси унăн природинчен килет, анчах ăна та хăй природине кăтартма ялан ирĕк параççĕ мар, вăл хăех хăйне хирĕç тăракана—рабочи класа суратать, рабочи класс ăна хăй природине [illegible] кăтартма чарать, кирлĕ пулсан, империализмăн çак природине арканса тăкать.

Çĕнĕ вăрçăсем пуçлама чаракан хăватлă вăй халăхсем пулса тăраççĕ. Çак вăйăн шайĕ, халăхсем миршĕн тăрăшни, тĕнчере çынсемпе пурлăха пĕтерекен çĕнĕ вăрçă пулма парас мар тесе татăклăнах çине тăни юлашки тапхăрта калама çук ӳсрĕ. Çавăнпа та, кучуххенхи вăйсен шайне шута илсе, кирек мĕнле пулсан та вăрçă пурĕпĕрех пулать теме сăлтав çук тесе вывод туни тĕрĕс. Эпир çакна ĕненсе тăратпăр: халăхсем мире сыхлас ĕçе хăйсен аллине илсен тата ăна вĕçне çитиех хӳтĕлесе тăрсан, мир сыхланса юлать тата çирĕпленет! (Алă çупаççĕ).

Çав вăхăтрах мĕнпур çĕршывсенчи халăхсен, чи малтан совет халăхĕн, империализмăн реакцилле вăйĕсен авантюристла характерне шута илмелле, çавăнпа та питех те сыхă пулмалла.

Эпир вăрçа сирсе яма тăрăшса, вăрçа сирес ыйтăва чăн-чăн майсем ытларах пулччăр тесе, империализмăн вăрçăшăн суйакан реакцилле вăйĕсене çине тăрса тăрă шыв çине кăларăпăр, хĕçпăшалсăрлантассишĕн кĕрешĕпĕр, хĕçпăшалсăрлантасси çинчен халăхсем килĕшӳ тăвайман-ха, çавăнпа та эпир хамăр Тăван çĕршывăн оборона вăй-хăватне çирĕплетсе пырăпăр, хамăрăн мухтавлă Хĕçпăшаллă Вăйсене лайăхлатса пырăпăр, Совет Союзне пĕтĕм тĕнчери миршĕн, хăрушсăрлăхăн, халăхсен туслăхĕн хăватлă та шанчăклă тĕрекĕ туса пырăпăр! (Нумайччен алă çупаççĕ).

Тăванла туслăхпа тачă çыхăннă аслă державăсенчи халăхсем—Совет Союзĕнчи, Китай Халăх Республикинчи, Инди Республикинчи, çавăн пекех ытти нумай çĕршывсенчи халăхсем—мĕнпур государствăсем, вĕсен социальнă-политикăлла стройĕ мĕнле пулнине пăхмасăр, мирлĕ ĕçлесе пурăнччăр тесе кĕрешеççĕ, çакă вăл историлле пысăк вырăнта тăрать.

Ленин хăйĕн «Сахалтарах пултăр та лайăх пултăр» ятлă статьинче, мирлĕ аталанăвăн малашлăхĕсене тишкерсе туса, 33 çул ĕлĕкрех çапла çырнă:

«Кĕрешӳ мĕнле пĕтесси, юлашки шутран, Россия, Инди, Китай тата çавăн пек çĕршывсем пĕтĕм çĕр çинчи халăхăн калама çук пысăк пайĕ пулнинчен килет. Халăхăн шăпах çак пайĕ ĕнтĕ юлашки çулсенче хăйне ирĕке кăларассишĕн пыракан кĕрешĕве питех те пысăк хăвăртлăхпа хутшăнса пырать, çавăнпа та, çак енчен пăхсан, пĕтĕм тĕнчери кĕрешĕвĕн татăклă çĕнтерĕвĕ мĕнле пуласси пирки нимĕнле иккĕленӳ тавраш те пулма пултараймасть. Çак енчен пăхсан, социализм татăклăнах çĕнтересси пĕтĕмĕшпех тата чăннипех пулмалла» (Сочиненисем, 33 т., 458 стр.).



Этемлĕх генийĕ Владимир Ильич Ленин малашнехине наукăлла витĕр пĕлсе тăни пурнăçа кĕнине халĕ пĕтĕм тĕнче курать. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Ленин Инди халăхĕсем социализмлă Совет государствинчен пынă Хрущевпа Булганин юлташсене мĕнле кĕтсе илнине тата СССР, Китай Халăх Республики, Инди Республики политика енĕпе мĕнле çывăх пулнине курма пултарнă пулсан, вăл пысăк савăнăçпа: «Акă вăл, эпĕ ĕмĕтленнĕ ĕмĕт»,—тенĕ пулĕччĕ. (Алă çупаççĕ).

Капитализм çĕршывĕсенче класлă хирĕçӳсем çивĕчленни, рабочи класпа халăхăн йышлă массисем хăйсен экономикăлла интересĕсемшĕн кăна мар, çавăн пекех васкаса хĕçпăшалланнине хирĕç, миршĕн, тĕнчери лару-тăрури йывăрлăха çăмăллатассишĕн кĕрешесси вăйланса пыни пысăк вырăнта тăрать.

Рабочи класс пĕрлĕхлĕ пулма, нацин никама пăхăнманлăхне хӳтĕлес, ют çĕршыв империализмне пăхăнса тăма пăрахас никĕс çинче мĕнпур патриотла тата демократилле вăйсене пĕрлештерме тăрăшать. Çакă уйрăмах Франципе Италире уççăн палăрчĕ, унта парламент суйлавĕсенче коммунистсен партийĕсем чаплă çĕнтерӳсем турĕç, çакăншăн пирĕн партипе пĕтĕм совет халăхĕ чун-чĕререн савăнаççĕ. (Алă çупаççĕ).

Яланхи пекех, эпир революцилле класла позицисем çинче тăратпăр. Капитализм вырăнне пурĕпĕрех социализм пулмалла, социализм кăна халăхсене эксплуатацирен, пусмăртан, чухăнлăхран, вăрçăсенчен, кризиссенчен, ĕçсĕрлĕхрен тата ытти асапран хăтарать.

Анчах социализма куçмалли формăсем çинчен тăракан ыйтăва конкретлă, кашни çĕршывăн условийĕсене кура, историри çĕнĕ опыта шута илсе татса памалла.

Вăл опыт — Китайăн халăх демократи çĕршывĕсен аслă опычĕ. Пролетариатăн, ĕççыннисен массăллă революцилле юхăмĕ çине таянса, çак çĕршывсенчи халăх влаçĕ, парламентла формăсемпе те усă курса, вĕсене çĕнĕ содержанипе — халăх демократийĕпе çĕнетсе, çĕнтерӳллĕ социализм тăвать. Совет халăхĕпе пирĕн парти хамăр тăвансен историлле çĕнтерĕвĕсемпе чун-чĕререн савăнаççĕ. Çакна тума чи кирлĕ условие вăл хăйĕн революцилле авангарчĕ çул кăтартса пыракан рабочи класс политикăлла ертсе пыни пулать. (Алă çупаççĕ).

Çаксене пурне те ССР Союзĕнче социализм çĕнтернипе тума май килчĕ. Халĕ, этемлĕхĕн çур пайне яхăнах пурăнакан çĕршывсем социализм крепоçĕ пулса тăнă хыççăн, уйрăм çĕршывсем капитализмран социализма куçма, лару-тăру юрăхлă пулсан, граждан вăрçисĕрех куçма лайăх условисем тунă.

Кунта эпир парламентла формăсемпе усă курма май пуррине йышăнатпăр, çав формăсемпе усă курма парламентра çирĕп ытларахăшĕ пулмалла, унăн пролетариатăн массăллă революцилле юхăмĕ çине таянса тăмалла, хăйĕн революцилле авангарчĕ çул кăтартса пынипе пролетариатăн мĕнпур ĕççыннисене политикăлла ертсе пымалла.

Кучуххенхи историлле условисенче Ленинăн стратегипе тактика принципĕсем, пуринчен ытла унăн «Коммунизмри «сулахайлăхăн» ача чирĕ» ятлă чаплă кĕнекинче сутатса панă принципсем уйрăмах пысăк вырăна тухса тăраççĕ.

В. И. Ленин коммунистсене çапла вĕрентет: «коммунизмăн пĕтĕмĕшле тата тĕп принципĕсемпе классемпе партисем хушшинчи çыхăнусен хăйне евĕрлĕхĕ тĕлĕшпе, коммунизм патне объективлăн аталанса пынинче пулакан хăйне евĕрлĕх тĕлĕшпе усă курма пĕлмелле, çавăн пек хăйне евĕрлĕх кашни уйрăм çĕршывăн пур, ăна тĕпчесе вĕренме, тупма, туйса илме пĕлес пулать». Çавăн пекех Ленин çакна палăртать: «мĕнпур тата пур тĕрлĕ, çĕнĕ тата кивĕ формисене коммунизм туллин те пĕтĕмĕшпех, çирĕп те татăклăнах çĕнтерес ĕçĕн хĕçпăшалĕ туса хума пĕлмелле» (Сочиненисем, 31 т., 69—70, 83 стр.).

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче кучуххенхи тĕнче аталанăвĕн принциплă ыйтăвĕсене пăхса тухни теори тĕлĕшпе те, практикăпа политика енчен те пирĕн партишĕн кăна мар, мĕнпур тăванла коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисемшĕн те çав тери пысăк вырăнта тăрать.

Тĕнчери улшăннă лару-тăрăва шута илсе, рабочи класс ытларах та ытларах пĕрлĕхлĕх патне туртăнни, мĕнпур демократилле, прогрессивлă вăйсем нацин никама пăхăнманлăхĕшĕн, социальнăй прогресшăн, миршĕн, вăрçа хирĕç кĕрешмешкĕн пĕрлешме тăрăшни çине таянса, пирĕн тăванла партисем пысăк çитĕнӳсем тума пултараççĕ.

Тăванла коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисене рабочи класс пĕрлĕхне тăвас ĕçре, вĕсен миршĕн, социализмшăн пыракан пархатарлă кĕрешĕвĕнче çитĕнӳсем тума пĕтĕм чĕререн ырă сунар. (Алă çупаççĕ).

Ним иккĕленмесĕрех çапла калама пулать: партин XX съезчĕ Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче лартнă, Н. С. Хрущев юлташ каласа панă принциплă ыйтусене ырлĕ. XX съезд çавăн пек решени йышăнни мирлĕ ĕçлесе пурăнассишĕн, вăрçа сирсе ярассишĕн, пĕтĕм тĕнчери халăхсен туслăхĕшĕн, социализм тума кирлĕ рабочи класс пĕрлĕхĕшĕн кĕрешме пирĕн партипе Совет государствин позицийĕсене тата ытларах çирĕплетĕ. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

## II.

Юлташсем! Эпир тĕнчере хамăр лару-тăрăва çирĕплетни тата лайăхлатни çакăнтан та килчĕ: вăйлă аталаннă индустри çине таянса, пĕр енчен, эпир оборона валли кучуххенхи чи лайăх продукци туса кăларас тĕлĕшпе США-ран кая юлман, хăшпĕр енчен малта пынă, тепĕр енчен, çĕршывăн шалти политикăлла лару-тăрăвне çирĕплетнĕ, ялхуçалăхне, промышленноçа аталантарас ĕçре пысăк çитĕнӳсем тунă.

Партин XIX съезчĕ хыççăн партин Центральнăй Комитечĕ пĕтĕм большевикла принциплăхпа, хастарлăхпа ялхуçалăхне çĕклеме историлле пысăк решенисем чылай хатĕрлесе йышăнчĕ, халĕ çав решенисене пурнăçа кĕртсе пырать. Центральнăй Комитетăн тăватă Пленумĕ тĕштырăпа выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем ытларах туса илес, халичченхи сухаламан тата нумай çул сухаламасăр выртнă çĕрсемпе усă курма тытăнас, колхозсемпе совхозсене малалла çирĕплетес ыйтусене сӳтсе явнă.

Партипе государство ялхуçалăхне хăвăрт çĕклеме çавăн чухлĕ вăйпа укçа-тенкĕ хуни вăрçă вăхăтĕнче юхăнса юлнă ялхуçалăхĕ пысăк йывăрлăхра пулнăран килнĕ.

Центральнăй Комитет партин XIX съезчĕ хыççăн йышăннă мĕнпур мерăсенчен халиччен сухаламан тата нумай çул сухаламасăр выртнă тенĕн талăпĕ çĕрсемпе усă курма тытăнни, колхозсене кадрсемпе çирĕплетни тата ытти ĕçсем уйрăмах пысăк вырăнта тăраççĕ. Экономика енĕпе чылай мероприятисем пурнăçласа, колхоз производствине çĕклессишĕн колхозниксене пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарассине вăйлатнă. Парти рабочи класпа хресченсен ленинла союзне çирĕплетрĕ.

МТС-семпе совхозсенчи работниксем халĕ пирĕн çĕршыври рабочи класăн чылай пысăк отрячĕ пулса тăраççĕ. МТС-сене чылай çирĕплетнĕ, малта тăракан техника нумай панă. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăхне техникăпа хĕçпăшаллантарассине татăклăнах вăйлатма палăртнă, çак задачăна кирек мĕнле пулсан та пурнăçа кĕртмелле.

Халĕ Центральнăй Комитет мĕнпур колхозсемпе совхозсенче, уйрăмах халăх йышлă пурăнакан çĕрте, тырпул тухăçлăхне хăвăрт ӳстерес ĕçе тĕп задача тесе шутлать. Ялхуçалăхне минераллă удобренисем ытларах памалла, апла пулсан, хими промышленноçĕн рольне ӳстермелле. Палăртнă заданисене ирттерсе пурнăçлас тесе, çак ыйтусемпе пилĕкçуллăхăн ытти çулĕсенче те ĕçлеме тивет.

Партипе унăн Центральнăй Комитечĕ, колхозсене çирĕплетес тесе, 30 пине яхăн паллă работниксене кая юлнă колхозсен правленийĕн председателĕсем пулса ĕçлеме яни пысăк та паха ĕç пулчĕ.

Коллективизацишĕн кĕрешнĕ тапхăрта яла янă 25 пин рабочи, çавăн пекех МТС-семпе совхозсенчи политотдел работникĕсем пуринчен ытла политикăлла организаторсем пулнă. Халĕ яла янă работниксем, политикăлла опытпа пĕрлех, инженерпа агроном пĕлĕвĕсене илнĕ çынсем. Вĕсене пур майсемпе те пулăшмалла, вĕсен квалификацине ӳстермелле, вĕсемпе çыхăну тытмалла, вара партин çак паха организацийĕ ĕçĕ социализмлă ялхуçалăхне малалла çĕклес тĕлĕшпе пысăк результатсем парĕ.

Промышленность енĕпе партин Центральнăй Комитечĕпе Правительство отчетлă тапхăрта пысăк ĕçсем туса ирттерчĕç, çав ĕçсем партин XIX съезчĕ пилĕкмĕш пилĕк çуллăх планра палăртнă заданисене пурнăçлама тата ирттерсе пурнăçлама май пачĕç.

Уйрăмах КПСС Центральнăй Комитечĕн 1955 çулхи июльти Пленумĕ йышăннă постановлени пысăк вырăнта тăрать, вăл социализмлă промышленноçа малалла аталантармалли принциплă çулсене кăтартса парать, уйрăмах йывăр промышленноçа аталантарма палăртать, мĕншĕн тесен йывăр промышленность пĕтĕм экономикăна аталантармалли, çĕршывăн оборона вăйхăватне çирĕплетмелли, ялхуçалăхне çĕклемелли, халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларакан промышленноçа вăйлатмалли çирĕп никĕс пулса тăрать.

Çакă вăл, çĕнĕ техникăна, хамăр çĕршыври тата тĕнчери наука çитĕнĕвĕсене ĕçе кĕртсе, техникăра прогресс тумалли тата çак никĕс çинче ĕç тухăçлăхне хăвăрт ӳстермелли çул-йĕр. Центральнăй Комитет промышленноçпа ялхуçалăхĕ тĕлĕшпе йышăннă решенисене, улттăмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене пурнăçлани социализмлă хуçалăха çĕнĕрен çĕклеме, çĕршыва социализмран коммунизма пысăкрах хăвăртлăхсемпе куçма май парать.

## III.

Пирĕн çĕршыври халăх хуçалăхĕн ӳсĕмĕ, йывăр промышленноçа малалла хăватлăн аталантарни, Партипе Правительство ялхуçалăхне çĕклес тĕлĕшпе туса ирттерекен пысăк ĕçсем, халăха куллен кирлĕ япаласем ытларах туса кăларни—социализмлă экономикăн çĕнĕ çĕкленĕвĕ пĕтĕмпех транспортпа çыхăнса тăрать тата унăн çĕнĕ çĕкленĕвĕнчен чылай килет.

Транспорт, пирĕн пĕтĕм мухтавлă индустрипе çĕкленсе пыракан ялхуçалăхĕ пекех, партин XX съездне пысăк çитĕнӳсемпе кĕтсе илчĕ.

Пирĕн транспорт, пĕтĕмĕшпе илсен, халăх хуçалăхĕнче груз турттарас ĕçе çителĕклĕ туса пырать пулин те, чугун çул ĕçĕнчи çитменлĕхсене, вăл халех ĕнтĕ груз турттарас тĕлĕшпе йывăрлăхсем тӳснине курмасăр тăни тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ. Груз ăсатакансем хушшинче вагон нормисене валеçес тĕлĕшпе «карточка» системине халĕ те пĕтермен-ха. Йывăрлăх пуринчен ытла Урал, Сĕпĕр, Донбасс çулĕсем çинче тата çак çулсенчен тухнă вырăнсенче сисĕнет. Çав вăхăтрах груз турттарасси калама çук ӳссе пырать.

Хуçалăха кирлĕ таран груз турттарса тăма транспортра ĕçлекенсен, чи малтан чугун çул çинче ĕçлекенсен, çулсем тăрăх груз турттармалли майсене ӳстермелле, уйрăмах транспорт техника енчен кая юлнине пĕтерес, ăна реконструкцилес, ун ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе тимлĕн ĕçлемелле.

Партин Центральнăй Комитечĕ чугун çулсене электричество вăйĕпе ĕçлеттермелле тăвас тĕлĕшпе ыйтăва тĕрĕс лартрĕ, çакă ĕнтĕ чугун çул транспортне техника енĕпе реконструкцилес, ăна çӳлĕ техника никĕсĕ çинче аталантарас ĕçĕн чи паха сыпăкĕ пулса тăрать.

Чугун çулсене электрификацилемелли 15 çуллăх планра груз нумай турттарма тивекен паллă çулсене — Мускавран Кăнтăра тата Хĕвелтухăçне каякан çулсене, Сăрт-ту çинчи çулсене, груза пассажирсем нумай турттарма тивекен çулсене тата пысăк хуласем çывăхĕнчи участоксене электротяга çине куçарма палăртнă.

Чугун çулсене электрификацилени, çавнашкалах тепловозсене ĕçе кĕртни чугун çулсен груз турттарас пултарулăхне ӳстерекен паллă факторсем пулаççĕ. Сакăр тĕнĕллĕ çĕнĕ электровозсен хăвачĕ 5.700 лаша вăйĕ чухлĕ пулать, вĕсем 3,5—4 пин тонна йывăрăш поездсене сехетре 90 километр хăвăртлăхпа, тăвалла хăпарнă çĕрте — сехетре 42—43 километр хăвăртлăхпа сӳретме пултараççĕ. 1960 çулта чугун çул тăрăх турттаракан пĕтĕм груз хисепĕнчен 40—45 процентне электровозсемпе тата тепловозсемпе турттармалла, хальхи вăхăтра вĕсем 14 процент турттараççĕ.

Н. С. Хрущев юлташ хăйĕн докладĕнче чугун çул çинче ĕçлекенсене вĕсен руководителĕсене чугун çулсене электрификацилес тата çĕнĕ техникăпа усă курас тĕлĕшпе кая юлнăшăн тĕрĕс критиклерĕ.

Эпĕ шансах тăратăп, чугун çул çинче ĕçлекенсем Центральнăй Комитет тĕрĕс критикленине большевикла йышăнĕç, электротягăпа ĕçлеме, электрификаци чаплă планне пурнăçа кĕртме революцилле хастарлăхпа тытăнĕç, Совет Союзĕн чугун çул транспортне çĕнĕ пусăма çĕклĕç.

Паллах ĕнтĕ, тягăна реконструкцилени пĕрлех чугун çул хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче чи çĕнĕ техникăпа ĕçлеме тытăнмалла, унсăрăн электрификацие тулли усă курма çук. Поездсем çӳрессине йĕркелесе тăрас ĕçре автоматикăпа хăюллăнрах усă курмалла—станцисенче автоблокировка, диспетчер ĕçне централизацилени, стрелкăсене электричествăпа централизацилени, вагонсем сортлакан вырăнсене механизацилени, автостопсем, радиопа çыхăну тытни, телевидени кирлĕ т. ыт. те. Халĕ пирĕн 120 пин стрелочник шутланать. Стрелкăсене электрификацилесе çитерсен вара пирĕн стрелочниксем пулмаççĕпе пĕрех. Ун чухне вара специальность пĕтнĕ май «Пĕтĕм айăп стрелочникре» текен халап та пĕтет. (Залра хусналса илеççĕ).

Чи лайăх та çĕнĕ техника вăл диспетчер ĕçне централизацилени пулать, ун пек тусан диспетчер пĕр пунктран пĕччен 200 километр тăршшĕнчи хушăри вуннилĕк-çирĕм станцирен поездсене ирттерсе ярать, сигналсем парать, стрелкăсене куçарса лартать. Çав станцисенче вара поездсене сӳретекен работниксен штачĕ, вăл шутра стрелочниксем те, пачах пулмаççĕ, станци начальникĕ кăна юлать.

Автоблокировка туни тата диспетчер ĕçне централизацилени электрификаципе теплофикаци аталанăвĕпе пĕр шайра пымалла.

100 тонна таран груз тиеме юрăхлă вагонсем кирлĕ, çурма вагонсем, универсальнăй вагонсем ытларах пумалла. Ялхуçалăхĕ вăйланнă май пахча çимĕç, улма-çырла, аш-какай тата час пăсăлакан ытти груз нумай турттарма тивет. Çавна пула рефрижераторлă поездсем, сивĕтекен механизмлă вагонсем нумай кирлĕ пулаççĕ.

Пассажир вагонĕсен ыйтăвĕ питĕ кирлĕ ыйту пулса тăрать. Пассажир вагонĕсенчен 40 процентĕ ытла кивĕ конструкцийĕ тунисем, вырăнта тата хула таврашĕнче çӳрекен поездсенче пассажирсене çӳреме майлă мар, кивелсе çитнĕ вагонсем нумай. Пассажирсем çӳретмелли кивĕ вагонсене çĕннисемпе улăштарма, пассажирсем çӳретес ĕçе пур майсемпе те лайăхлатма план тумалла, пассажир вагонĕнче сывлăша уçăлтарса лайăхлатакан оборудовани пулмалла.

Çав вăхăтрах чугун çулсен, станцисен груз турттарас пултарулăхне ӳстермелле, груз нумай çӳретекен вырăнсенче çĕнĕ çулсем тата иккĕмĕш çулсем тумалла. Сăмахран, 1960 çулта çĕнĕрен çак çулсене тумалла: Магнитогорск — Стерлитамак — Абдулино, ку çул Кăнтăр Уралпа Карагандăран грузсене тӳрех хĕвеланăçне илсе тухать, Курган — Синарская — Красноуфимск районĕн çулĕ Свердловск çулĕн ĕçне çăмăллатать, Алма-Ата районĕ — государство чикки çулĕ Китай Халăх Республикипе çыхăнтаракан çĕнĕ çул пулать т. ыт. те.

Хăватлă локомотивсемпе, пысăк вагонсемпе усă курма, поездсен хăвăртлăхне ӳстерме чăрмантаракан çулсен ыйтăвĕ те питĕ çивĕччĕн тăрать. Çул хуçалăхне реконструкцилемелле, йывăр рельссем сарса тухас ĕçе хăвăртлатмалла, çулсен айне хăйăр вырăнне вĕтĕ чул сармалла.

Шыв транспорчĕ умĕнче те пысăк ыйтусем тăраççĕ. Социализмла экономикăн паха енĕ çакăнта пулать: вăл мĕнпур йышши транспорта план тăрăх кооперацилеме тата пĕр-пĕрипе çыхăнтарса ĕçлеттерме май парать, вĕсен ССР Союзĕн пĕрлĕхлĕ транспорт системи пек ĕçлемелле.

Йӳнĕ транспортпа — шыв çулĕпе тата трубопроводсем тăрăх — груз турттарнин удельнăй виçи çаплах пĕчĕккĕ-ха. Вырăнти грузсене турттарас ĕçре пĕчĕк юханшывсемпе пачах çителĕксĕр усă кураççĕ.

Атăла тĕпренех реконструкциленĕ хыççăн та, суднăсем çӳретмелли çĕнĕ каналсемпе, шыв хранилищисемпе тата шыв çулĕсемпе ытла та çителĕксĕр усă кураççĕ. Навигаци вăхăтĕнче вуншар миллион тонна груза Атăлпа тата ытти юханшывсемпе параллеллĕ чугун çулсем тăрăх турттарнине тӳсме май çук. Арктикăри шыв çулĕпе усă курассине лайăхлатни тата грузсене Хура тинĕс порчĕсенчен мăн карапсемпе ытларах турттарни грузсене Инçет Хĕвелтухăçне чугун çул тăрăх ытла та инçе турттарассине чакарма май парать.

Пĕр-пĕрипе çыхăнса тата пĕр-пĕрипе килĕшӳллĕ ĕçлекен пĕрлĕхлĕ транспорт системи туни груз турттарассине чакарма тата йӳнетме май парать, анчах çакна тума шыв транспортне çирĕплетес пулать.

Юханшывпа тинĕс флочĕн министерствисен руководителĕсен флота лайăхлатса реконструкцилес, груза пассажирсем турттарма хăватлă, хăй тĕллĕн каякан, пысăк хăвăртлăхпа çӳрекен лайăхрах суднăсене ĕçе кĕртес тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлени кирлĕ.

Шыв транспорчĕнче чи кая юлни вăл—портпа пристань хуçалăхĕ, ку тĕлĕшпе эпир суднăсенчен те каярах юлнă. Портпа пристань хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе пирĕн пысăк ĕçсем туса ирттермелле.

Автомобиль транспорчĕнче пирĕн хăватлă автомобильсем, уйрăмах прицепсем сахал. Пирĕн хăватлă, 10—20 тонна е ытларах груз тиеме пултаракан автомобильсене ĕçе кĕртмелле.

Калас пулать, лайăхлатнă шоссе çулĕсем пирĕн сахал. Шоссе çулĕсене нумайлатас ыйтăва татса паман-ха. Çулсем тăвас, юсас тата пăхса усрас ĕçре вырăнти пуçару пысăк вырăнта тăмалла. Ведомствăсен автомобиль транспорчĕпе груз турттарассине чакарса, пурте усă куракан автомобиль транспорчĕпе груз ытларах турттармалла.

Транспорта техника тĕлĕшĕнчен реконструкци тăвасса шанса, чугун çул, юханшыв, тинĕс, автомобиль транспорчĕнче резервсемпе малашне те лайăхрах усă курассишĕн кĕрешес ĕçе вăйсăрлатмалла мар, унсăрăн эпир груз турттарса çитерме ĕлкĕрейместпĕр.

Груз çителĕклĕ турттарса тăрас тесен, грузсене инçете турттарса çӳренине чакарас пулать, çавна май пирĕн социализмлă хуçалăхăн паха енĕсемпе анлăрах та лайăхрах усă курмалла, производительнăй вăйсене лайăхрах вырнаçтарса тухмалла, промышленноçа чĕртавар çăлкуçĕсем, продукципе усă куракан вырăнсем патне çывхартмалла, уйрăм районсене комплекслă майпа аталантармалла, чĕртавартан вырăнтах продукци туса кăларассине ӳстермелле, çапла туни груз турттарассине, продукцие вырнаçтарассине планлас ĕçе лайăхлатнипе пĕрлех грузсене хирĕçле, темиçе хут, ытла инçе тата çавнашкал усăсăр турттарса çӳренине чакарма май парать. Çакă вăл улттăмĕш пилĕкçуллăхри паха та пысăк задачăсенчен пĕри пулса тăрать.

(Малалли 3-мĕш страницăра).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Л. М. Каганович юлташ сăмахĕ

(Малалли).

Транспорт умĕнче тăракан пысăк задачăсене пурнăçа кĕртес тесен, транспорт строительстви ĕçне нумай лайăхлатмалла, индустриллĕ меслетсемпе усă курмалла, проектсем туса хатĕрлес ĕçе лайăхлатмалла, строительствăна ĕçе кĕртмелли срокселе кĕскетмелле, пуринчен ытла строительствăна йĕркелемелле.

Транспорта техника тĕлĕшĕнчен реконструкцилени чи малтан груз турттарас хăвăртлăха ÿстерме пулăшмалла, çакă вăл халăх хуçалăхĕнче пысăк вырăнта тăрать.

Хăвăртлăха ÿстерни груз турттарма хăйне ларакан хака йÿнетет, транспорта тухакан расходсене чылай чакарать, груз турттарас ĕçре вагонсемпе, локомотивсемпе, суднăсемпе, автомобильсемпе тухăçлăрах усă курма май парать, тата, чи пахи, хăвăртлăха ÿстерни чугун çулсемпе портсен груз турттарас пултаруллăхне ÿстерет.

Транспортра груз турттарас хăвăртлăха ÿстерни çул çинчи мĕнпур материальнăй ресурссемпе лайăхрах усă курма май парать, товар çаврăнăшне хăвăртлатать, вăхăт енчен производствăпа потреблени районĕсене пĕр-пĕринпе çывхартать. Апла пулсан, çакă вăл промышленноçа кооперацилес ĕçе çăмăллатать, производство хатĕрĕсем турттарса çÿрес вăхăта кĕскетсе, ытларах продукци туса илме май парать, пассажирсем турттарнă çĕрте ĕçсынисем валли тухăçлă ĕçлеме тата канма вăхăт перекетлесе хăварать.

### IV.

Хăвăртлăх ыйтăвĕ тата вăхăта перекетлес ыйту вăл пĕтĕм халăх хуçалăхĕнче пысăк пĕлтерĕшлĕ ыйту пулса тăрать. Маркс çапла çырнă: «Мĕнпур перекетлĕх, тĕрĕссипе каласан, вăхăта перекетлени пулать... Вăхăта перекетлени, ĕç вăхăтне производствăн тĕрлĕ отраслĕсем хушшинче планласа валеçсе пани пекех, коллективлă производство çинче никĕсленсе тăракан чи малтанхи экономикăлла закон пулса тăрать». (К. Маркспа Ф. Энгельс архивĕ, IV т., 119 стр.).

Çакă вăл аслă Ленинăн лозунгне—экономика тĕлĕшпе, урăхла каласан, кашни çын пуçне туса кăларакан продукци тĕлĕшпе чи паллă капитализмла çĕршывсене хăваласа çитсе иртсе каймалла, текен лозунга—пурнăçласа пынă историлле условисенче уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Çак лозунга кăларса тăратнă вăхăтранпа иртнĕ çулсем хушшинче, вăрçă тапхăрне шутламасăр, ун чухне тĕп задача—Гитлера Берлинра хăваласа çитмелле те âна хăйĕн вило шăтăкне персе чикмелле пулнă, çавна пирĕн мухтавлă çар питĕ чаплăн пурнăçларĕ,—эпир капитализмлă çĕршывсене хăваласа çитсе иртсе каяс задачăна пурнăçлас ĕçре чылаях малалла кайрăмăр, кашни çын пуçне продукци туса кăларас тĕлĕшпе чи паллă капитализмла çĕршывсенчен хамăр юлса пынă хушша кĕскетрĕмĕр.

Хăваласа çитсе иртсе каяс задачăна пурнăçлама пире СССР Союзĕнчи халăх хуçалăхĕн аталанăвĕ, капитализмла çĕршывсемпе танлаштарсан, тата пысăкрах хăвăртлăхсемпе пыни, социализм аталанăвĕн законĕсем капитализм аталанăвĕн законĕсенчен пачах уйрăлса тăни кирлĕ пек май туса парать.

Социализмла хуçалăх капитализмла хуçалăхран перекетлĕрех, мĕншĕн тесен, вăл, чи малтанах, кризиссемпе, ĕçсĕрлĕхпе, производство анархийĕпе тата конкуренципе сыхăннă производствăри тата обращенири сухатусене пĕлмест. Çавăн пек сухатусем капитализмла производствăпа обращенире кăна пулассĕ.

Производствăра тата обращенире пирĕн сухатусем пулассĕ пулин те, эпир çав сухатусене мĕнле майпа чакарса пымалли пĕлетпĕр, çавăнпа та вĕсене чакарассипе тата пĕтерессишĕн âнăçлăн кĕрешсе пырăпăр. Çак май вăл—мĕнпур ĕçре перекетлĕх режимне тытса пыни пулать. Перекетлĕх режимĕ, халичченхи пекех, партин, совет аппаратĕн ĕçĕнче, пĕтĕм халăх хуçалăхĕнче пысăкран та пысăк задача пулса тăрать. Сăмах кунта производствăпа сыхăнман ĕçсенчи тăкаксене сахаллатасси çинчен, управлени ĕçне каякан расходсене сахаллатасси çинчен, аппарата пĕчĕклетесси тата унăн ĕçне лайăхлатасси çинчен, обращенири тата транспортри тăкаксене чакарасси çинчен пырать.

Сăмах кунта чи кирлĕ те чи пысăк ĕç çинчен—производствăра ĕç вăйĕпе материалсене перекетлесси çинчен пырать, çакă вăл социализмла производствăн питех те пысăк ĕçĕнче—продукци хăйне ларакан хакне чакарнинче палăрать.

Ĕç тухăçлăхĕ капитализм вăхăтĕнчинчен пысăкрах пулсан кăна экономикăлла тĕп задачăна пурнăçлама пулать.

Кучуххехи капитализм тарçисем халĕ предпринимательсемпе рабочисен «индустрилле пĕрлĕх вăйĕн» никĕсĕ çинче ĕç тухăçлăхне ÿстерессипирки сахал мар шавлассĕ. Ку вăл—кивĕ юрра çĕнĕлле юрлани пулать, мĕншĕн тесен капиталистсем ĕç тухăçлăхне обществăн пĕтĕм пурнăçне лайăхлатас тĕллевпе мар, пысăкран та пысăк усламсем илес шутпа ÿстерсе пырасшăн.

Пирĕншĕн, социализм лагерĕшĕн, ĕç тухăçлăхне ÿстерни халăх хуçалăхĕнче продукци хисепне нумайлатас ĕçре пысăк вырăн йышăнать, вăл халăхăн материальнăй пурнăçне лайăхлатмалли май пулса тăрать.

Аслă Ленин 1919 çултах çапла каланă: ĕç тухăçлăхне ÿстерни вăл çĕнĕ обществăлла строй çĕнтерме чи пахи, чи кирли пулса тăрать, тенĕ. Ĕç тухăçлăхĕнче вăл социализм çĕнтермелли ĕçе татса паракан пĕтĕмĕшлетнĕ условие курнă, çĕнĕ материальнăй никĕс пулса тăракан шултра индустрие, пĕтĕм халăх массин культури, дисциплини тата ĕçлеме пĕлни, ĕçе лайăхрах организацилесси ÿсĕнине курнă, урăхла каласан, **партипе Совет государствин техникăлла, экономикăлла, организаторла, культурăлла тата политикăлла пĕтĕм ĕçне курса тăнă.**

Ленин çак лозунга кăларса тăратнă хыççăн, ытти вăхăтсемпе танлаштарсан, кĕске вăхăтрах эпир çак лозунга пурнăçлас ĕçре нумай малалла кайрăмăр. 1913 çултан пуçласа 1955 çула çитиччен тапхăрта СССР Союзĕнчи промышленноçра ĕç тухăçлăхĕ 8 хут ÿснĕ, ĕç кунне кĕскетнине шута илсен вара—10 хут ÿснĕ.

Анчах та иртнĕ пилĕкçуллăхра пур предприятисем те тата пĕтĕм промышленность ĕç тухăçлăхĕ тĕлĕшпе панă задание пĕтĕмĕшпех пурнăçланă пулсан, эпир тата нумайрах çитĕнÿсем тунă пулăттămăр.

Ĕç тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе усă курман резервсене пурнăçа кĕртес тесен, паллах, çĕнĕ техникăна хăвăртрах ĕçе кĕртсе пымалла. Отчетлă тапхăрта Центральнăй Комитет çак ĕç çине уйрăмах тимлĕн пăхрĕ: ятарласа канашлу пуха ирттерчĕ, промышленноçри работниксен активне пухрĕ, Центральнăй Комитетăн 1955 çулхи июльте пулса иртнĕ Пленумĕнче çак ыйтăва тарăн сÿтсе яврĕ, парторганизацисене ятарласа çыру ячĕ. Иртнĕ пилĕкçуллăхсенче халăх хуçалăхĕ пĕрмаях çĕнĕ техникăпа пуянланса пычĕ. Çакă нумай вăй хумалли тĕп ĕçсене механизацилеме май пачĕ. Анчах та халиччен те промышленноçри рабочисен чылай пысăк йывăр алă вĕççĕн ĕçлет-ха. Çакă вăл механизмсем çитменнинчен тата çĕнĕ машинăсемпе механизмсем туса кăларас, вĕсемпе усă курма вĕренес ĕç çителĕксĕр пулса пынинчен кăна мар килет. Вăл тата эпир халĕ механизацилеса çитернĕ тесе шутлакан нумай отраслĕсенче, тĕрĕссипе каласан, хăшпĕр тĕп операцисене кăна механизацилениничен килет.

Çĕр кăмрăк шахтисен, сăмахран, тĕтĕшах машинăсемпе механизмсен, чи малтанах комбайнсем илсе тăрассĕ, анчах çĕр айĕнчи тата усă çĕрти ĕçсене алă вĕççĕн тăвассĕ.

Комбайнпа 14 çынтан тăракан бригада ĕçлет: вĕсенчен икĕ çынĕ комбайнпа ĕçлессĕ, 12 çынĕ механизмсем пайĕнче алă вĕççĕн ĕçлессĕ.

Шифер промышленноçĕнче—производствăн çĕр пайне механизациленĕ, виççĕ пайне механизацилемен.

Вăрман промышленноçĕнче—йывăçа касса йăвантарас ĕçе механизациленĕ. Йывăç касакан пĕр çын кун каçиччен темĕн чухлĕ йывăç касса йăвантарса тултарать, çав йывăççен туратсене вара 20 çын туртăна алă вĕççĕн касассĕ.

Çапла ĕнтĕ, ĕçе механизацилес тĕлĕшпе тăракан пирĕн чи пысăк задача вăл—комплекслă механизаци ĕçе кĕртесси пулать.

Производствăна автоматизацилени ĕç тухăçлăхне ÿстермелли питех те пысăк фактор пулса тăмалла. Мускаври подшипниксем туса кăларакан Пĕрремĕш государство заводĕнче автоматла линисене ĕçе кĕртни, операцисене механизацилени тата автоматизацилени, прогрессивлă технологипе тата çĕнĕ оборудованипе усă курни çак заводра пилĕкмĕш пилĕк çуллăх хушшинче ĕç тухăçлăхне 60 процент ÿстерме май панă, пĕтĕм продукци хисепĕ вара, вăрçăчченхи шайпа танлаштарсан, çак заводра икĕ хут ÿснĕ, çав вăхăтрах рабочисен хисепĕ 29 процент сахалланнă.

Автоматла линисене ĕçе кĕртсе тата автоматизациленĕ предприятисем туса, пирĕн халĕ ĕçлекен предприятисене техника тĕлĕшĕнчен реконструкцилессине анлăн пурнăçласа пымалла тата, пуринчен малтан, оборудованин çĕнĕ тĕслĕхĕсене ĕçе кĕртмелле, модернизаци тумалла тата кивелнĕ оборудованипе çĕннипе улăштармалла. Çакă вăл ĕçре васкавлă меслетсемпе усă курма тата ĕç тухăçлăхне ÿстерме анлă майсем уçса парать.

Çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртес тата йывăр ĕçсемпе нумай вăй хумалли ĕçсене механизацилес задачăсем промышленность, транспорт тата строительство умĕнче кăна мар тăрассĕ, вĕсем ялхуçалăх умĕнче те тăрассĕ.

### V.

Анчах, çĕнĕ техника тем пекех хăватлă пулсан та, çын ĕçлемесен вăл—вилĕ техника. Ĕç хатĕрĕсемпе лайăхрах усă курасси ĕçĕн обществăлла форминчен килет. Техника ытларах е сахалтарах продукци парасси—техникăран хăйĕнчен кăна килмест, ĕç характерĕнчен те—ĕç капитализм обществинчи тара тытса ĕçлеттерекен чуралăхлатнă ĕç-и, е социализм обществинчи ирĕклĕ ĕç-и—çавăнтан та килет.

Пирĕн çĕршыври тата социализм тăвакан çĕршывсенчи производствăлла хутшăнусем обществăлла производствăна аталанма ирĕк майсем уçса парассĕ тата ĕçсынин массисен хăйсен ĕçри творчествăлла активлăхне пĕрмаях сарса пыма, социализмла ăмăртăва сарса пыма условисем туса парассĕ. Ăмăртăва организацилессине Ленин государствăн пысăкран та пысăк задачи, тесе шутланă.

ССР Союзĕнче социализмла ăмăрту пĕтĕм халăх ĕçĕ пулса тăчĕ, çавăнпа та пирĕн çитĕнÿсем чылай енĕпе массăлла социализмла ăмăрту результачĕсем пулса тăрассĕ.

Анчах та çакна курмасăр тăни тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ: паха результатсем пур пулин те, пирĕн пысăк çитменлĕхсем те нумай-ха, вĕсем социализмла ăмăртăва сарса яма чăрмантарассĕ, малашне вара тата ытларах та чăрмантарма пултарассĕ. Чи пысăк çитменлĕх вăл çакăнта пулать: производствăн чылай отраслĕсенче ĕçри новаторсен—социализмла ăмăртура малта пыракан çынсен опытне сахал сараççĕ.

Хăшпĕр чухне уйрăм çыннăн ĕç тухăçлăхĕн шайĕ тĕлĕшпе эпир халлĕхе США-ран кая юлни пирки даннăйсем илсе кăтартклассĕ. Анчах пирĕн ĕçри новаторсем промышленноçăн чылай отраслĕсенче тата транспортра США-ри пирĕннипе пĕр йышши профессисенчи ĕç тухăçлăх шайне çитни, чылай чухне тата çав шайран иртсе кайни те факт пулса тăрать-çке-ха. Çакă вăл акă мĕне пĕлтерет: новаторсен опытне анлăн ĕçе кĕртсе пырсан, США-на эпир ĕç тухăçлăхĕн шайĕ тĕлĕшпе те хăвăрт хăваласа иртсе кайма пултаратпăр. Анчах предприятисенче, çавăн пекех министерствăсенче те, новаторсен опытне массăллăн ĕçе кĕртсе пырасси çине час-часах пирĕн бюрократла пăхассĕ.

Караганда бассейнĕнче çĕр кăмрăк комбайнĕпе ĕçлекен малта пыракан машинистсем Бущинский юлташпа Величко юлташ тата вĕсен бригадисем уйăхра çĕр кăмрăк кăларассине комбайн пуçне 26 пин тонна çитернĕ, урăхла каласан, пĕтĕм Караганда бассейнĕнче комбайн пуçне кăларнинчен 3 хута яхăн ытларах тата пĕтĕм министерство тăрăх кăларнинчен 5 хута яхăн ытларах кăларассĕ. Çак çитĕнĕве вĕсем ытлашши вăй хурса ĕçленипе мар, хăйсен комбайнне лайăхлатнипе тата ĕç процесне лайăхлатнипе тунă. Çак бригадăсем Карагандăри ытти комбайн бригадисенчен 2 хут ытларах ĕç укçи илессĕ.

Çĕр кăмрăк промышленноçĕн министерстви çак малта пыракан меслете анлăн ĕçе кĕртес пулсан, çĕр кăмрăк промышленноçĕ тăрăх эпир комбайнпа ĕçлекен лавасенчен кăна çулталăкне вуншар миллион тонна çĕр кăмрăкĕ ытларах хушса илнĕ пулăттămăр, çав рабочисен ĕç тухăçлăхĕ вара 60 процент ытла ÿснĕ пулĕччĕ.

Эпĕ ун пек тĕслĕхсем сахал мар илсе кăтартнă пулăттăм. Тата тепĕр интереслĕ тĕслĕх кăна илсе кăтартăп. Эпĕ Киеври «Красный экскаватор» заводри токарь çинчен, партин XX съезчĕн делегачĕ Семинский юлташ çинчен каласшăн.

Пирĕн метала хăвăрт касас ĕçе пуçарса янă малта пыракан чаплă çынсем, Быков юлташ тата Борткевич юлташсем пур, анчах эпĕ Семинский çинче чарăнса тăратăп, мĕншĕн тесен вăл пирĕн çĕршывра анлăн сарăлнă ялдахи пек токарнăй станок çинче ĕçлет. Вăл ĕнтĕ 10 çул хушши нормăна 5—6 хут ирттерсе тултарать. Хăйĕн ĕç тухăçлăхне вăл, тĕпрен илсен, детальсене тунă чухне вак-тĕвек ĕçсем тумалли вăхăта кĕскетнипе çав таранa çитерĕ.

Пур токарьсен те машинăпа ĕçлекен вăхăт ялан 20—35 процент пулать, вак-тĕвек ĕçсем туса вăхăта — 65—80 процент ирттерессĕ. Семинский юлташăн, пачах та урăхла, машинăпа 65—70 процент ĕçлет, вак-тĕвек ĕçсене тума вăхăтăн 30—35 процентне ирттерет. Вăл детальсем тумалли процеса механизацилеме тата автоматизацилеме, пулăшакан хăй шухăшласа тунă кĕтĕкĕс та мар, анчах питĕ паха приспособленисемпе тата инструментсемпе усă курса ĕçлет.

Çавăн пек ĕçленипе пула, Семинский юлташăн ĕç укçи те пысăк: вăл Киеври çав заводра ĕçлекен токарьсен вăтам ĕç укçинчен 2,5 хут ытларах ĕçлесе илет.

Маннала каласçă чухне Семинский юлташ çапла каларĕ: пур токарьсене те хăвăрт ĕçлекен кирлĕ пек приспособленисемпе инструментсем парсан тата вĕсене хăвăртлатнă режимсенче ĕçлеме условисем туса парсан, вĕсенчен кашниех вăл ĕçленĕ пек ĕçлеме пултарнă пулĕччĕ, çапла вара токарьсен ĕç тухăçлăхĕ 2—3 хут ÿснĕ пулĕччĕ.

Ку тĕлĕшпе нимĕн те тумаинне тата çак ĕç çине, пуринчен малтан, машиностроени министерстви енчен мăнкăмăллăн пăхнине нимĕнпе те тÿрре кăларма çук. Вĕсем çакна та, новаторсен ытти çĕнĕвĕсене те лайăх пĕлессĕ, анчах вĕсене хуçалăхра ĕçлекен чылай работниксен хушшинче халĕ те йăлара тăракан тимсĕрлĕх, çĕнĕлĕхе юратманни, бюрократизм чăрмантарса тăрать.

Чăнах та ĕнтĕ, новаторсен опытне сарас тата ĕçе кĕртес тĕлĕшпе хуçалăх работникĕсен хăйсен йывăрлăхĕсем те пур, анчах хуçалăха лайăх ертсе пырсан, çак йывăрлăхсене çĕнтерме пулатех.

Производствăри малта пыракан опыта ĕçе кĕртессине государство ĕçĕ вырăнне хурса туса пымалла. Аслă Ленин: «тĕслĕхĕн вăйĕ чи малтанах моралĕ вăй пулса тăмалла, унтан вара—вăйпах ĕçе кĕртекен тĕслĕх те пулса тăмалла...» (Соч., 27 т., 177 стр.), тесе кăтартса хăварнине пурнăçласа, ăна закон туса хумалла.

Социализмла ăмăртăвăн хальхи тапхăрĕнчи уйрăмлăхĕсем халăх хуçалăхĕ техника тĕлĕшпе ытларах та ытларах хĕçпăшалланса пынинчен, рабочи класăн культури тата техника тĕлĕшĕнчи пĕлĕвĕ ÿсниничен тата ĕç тухăçлăхĕн шайĕ ÿсниничен килессĕ.

Çак условисенче производствăри новаторсем хăйсем те ÿссе çитĕнчĕç тата урăх çынсем пулса тăчĕç. Социализмла ăмăрту çĕнĕ, тата сÿлĕрех пусăма çĕкленчĕ. Çакă вăл социализмла ăмăртăва урăхларах ертсе пыма тата организацилеме хушать.

Çав вăхăтрах пирĕн массăллă социализмла ăмăртăва организацилес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Çав çитменлĕхсенчен паллăраххисем çаксем пулассĕ:

Ленин ăмăрту результачĕсене пурне те уççăн пĕлтерсе тăмалла тата танлаштарса пăхмалла, тесе хушнисене пăсни. Ăмăрту результачĕсене пĕлтерсе тăрасси вăйсăрланчĕ. Рабочисем уйрăм обязательствăсем илесси сахалланчĕ, çакă вăл кашни уйрăм çын коллектив умĕнче хăй илнĕ социализмла обязательствăшăн мораль тĕлĕшĕнчен ответлă пулассине чакарать.

Ăмăртура кăтартнă результатсемшĕн мораль тĕлĕшĕнчен те, материальнăй енчен те çителĕклĕ хавхалантарманни. Мораль тĕлĕшĕнчен хавхалантармалли нумай-нумай формăсемпе сахал усă курассĕ, калас пулать, рабочисене—ăмăртура малта пыраканнисене, производствăра питех те паха çитĕнÿсем тунăшăн орденсемпе тата медальсемпе сахалтарах наградăлассĕ. Пĕтĕм Союзри социализмла ăмăрту итогĕсем тăрăх предприятисем илекен фондсене час-часах тĕрĕс мар валеçессĕ.

Малта пыракан рабочисене çитĕнÿсем тума пулăшас тĕлĕшпе нумай вăй хуракан инженерсемпе техниксен пуçарăвне нумай чухне тивĕçлипе хакламассĕ. Çав çитменлĕхе ăмăртăвăн хальхи тапхăрĕнче уйрăмах тÿсме çук, мĕншĕн тесен рабочисем техникăна технологие лайăхлатса пырас тĕлĕшпе, ĕçе тата производствăна организацилессине лайăхлатас тĕлĕшпе тунă çитĕнÿсем вĕсем инженерсемпе тата техниксемпе тачă тăрса пĕрле ĕçлемесĕрех тата çав работниксем рабочисене ертсе пымасăрах пулнă, тесе шухăшлама кирлĕ те мар çук.

Ĕçе тата производствăна организацилес тĕлĕшпе пулакан, социализмла ăмăртăва чăрмантаракан пысăк çитменлĕхсем, чи малтанах, уйăхра тата ĕç кунĕ хушшинче те пулин пĕр тикĕс ĕçлесе пыманнинче, уйăхăн юлашки вунăкунлăхĕнче штурмсем тунинче, ĕç вăхăтне питĕ нумай çая ячнинче палăрать. Ĕç вăхăчĕ пĕтĕм промышленноçĕ кашни рабочин, вăтамран илсен, пĕр кун хушшинче пĕр сехет, хăш чухне тата сехет çурă та е икĕ сехет таранах çая каять. Çаксем уйрăмах хальхи вăхăтра тÿсме çук çитменлĕхсем пулса тăрассĕ. Пирĕн парти çичĕ сехетлĕ ĕç кунĕ çине куçасси пирки питех те паха решени йышăнчĕ. Эпир пирĕн совет рабочийĕ хăйĕн партийĕн çак историлле решенийĕ çине Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн, коммунизм çитĕнĕвĕсемшĕн тата хытăрах хавхаланса паттăррăн ĕçленипе ответлĕ тесе шанса тăратпăр. **(Алă çупассĕ).**

Анчах çак хавхаланăва пурнăça кĕртес тесен, хальхи вăхăтра ĕç вăхăтне калама çук нумай çая янине пĕтерес пулать. Çак пысăк çитменлĕхсене пĕтерме пирĕн хуçалăх работникĕсем, çавăн пекех тата профсоюзсемпе парти организацийĕсем енчен ертсе пырас ĕçе тĕпренех лайăхлатни кирлĕ.

Предприятие йĕркеллĕ, пĕр тикĕс, пĕр чăрăнмасăр ĕçлеттермелле тăвассишĕн чи малтанах хуçалăх работникĕсем ответлă. Хуçалăх работникĕн кашниех техника тĕлĕшпе тата производствăна организацилес тĕлĕшпе кăна мар ĕçлемелле, унăн социализмла ăмăртупа та кулленех интересленмелле, çынсемпе ĕçлемелле, вĕсен нушисем çине тимлĕн пăхмалла. Унăн хăйĕн çынсемпе, парти, профсоюз организацийĕсемпе тата ытти организацисемпе кирлĕ пек çыхăну тытмалла, çав организацисем хăйсем унпа хăçан çыхăнассине кĕтсе тăмалла мар.

Хуçалăх работникĕн кашнин, парти тата профсоюз организацийĕсемпе пĕрле, ĕç дисциплинине çирĕплетес тĕлĕшпе ĕçлемелле тата çав вăхăтрах, рабочисемпе служащисен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатса пынипе, ĕçе ниепек-сиенкерен сыхланипе т. ыт. ĕçсем тунипе дисциплинăна нумай пăсни сăлтавĕсене пĕтерме пулăшмалла.

Пысăк вырăн йышăнса тăракан производствăлла канашлусем ирттерес тĕлĕшпе хуçалăх работникĕсен рольне ÿстерме кирлине уйрăмах палăртса хăвармалла. Производствăлла канашлусен тĕллевĕ пирĕн социализмлă стройăн тупсăмĕнчен тухса тăрать. Пирĕн обществăра кăна рабочисен анлă массисене производствăна ертсе пырас ĕçе тÿрремĕнех хутшăнтармалли çавăн пек форма пулма пултарать.

Лайăх организациленĕ тата тăтăшах ирттерекен производствăлла канашлусенче хуçалăха ертсе пыракан работниксем, профсоюз тата парти работникĕсем, рабочисем-новаторсем тата ытти рабочисем тĕл пулассĕ тата вĕсем тĕл пулма кирлĕ те. Производствăлла канашлусем ĕç тухăçлăхне ÿстермелли, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли, резервсем шырас тупмалли тата рабочисен материальнăй пурнăçне лайăхлатса пыма кирлĕ ресурссене, сăмахран, рабочисен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатма уйăрнă предприяти фондне ÿстермелли организацилле-техникăлла мероприятисене тĕпчесе палăртакан кирлĕрен те кирлĕ центр пулса тăмалла.

Производствăлла канашлусем малта пыракан опыта пропагандăламалли, тĕпчесе вĕренмелли тата ĕçе кĕртмелли кирлĕрен те кирлĕ центр пулса тăрассĕ тата çапла пулмалла та.

Хуçалăха ертсе пыракан кашни работник, уйрăмах парти тата профсоюз работникĕсем тÿрремĕнех тума тивĕçлĕ ĕç вăл—производствăлла канашлусен ĕçне активлăн хутшăнасси, рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен сĕнĕвĕсене тимлĕн шута илесси тата йышăннă сĕнÿсене пурнăçа кĕртсе пырасси пулать.

### VI.

Ĕç тухăçлăхне хăвăртрах ÿстерме, социализмла ăмăртăва аталанма маларах асăннă çитменлĕхсем кăна мар, ĕç укçине организацилес тата ĕçе нормăлас тĕлĕшпе пысăк çитменлĕхсем те хытах чăрмантарассĕ.

Н. С. Хрущев юлташ тĕрĕс каларĕ: ĕç укçи ыйтăвне пирĕн пăтраштарса пĕтернĕ. Халĕ эпир çак ыйтăвăн уçăмне тупма тăрăшатпăр. Ку вăл—пысăк ĕç. Пĕр районта ĕç укçи çÿлелле çĕкленсе кайнă, тепринче—кая тăрса юлнă; пĕр отрасльре—мала кайнă, тепринче—кая тăрса юлнă; пĕр министерствăрах, пĕр заводра токарь пĕр тĕрлĕ ĕç укçи илет, тепĕр заводра—тепĕр тĕрлĕ. Вăхăт кирлĕ, тарăн тĕпчесе тишкерес пулать тата, паллах, ыттисĕр пуçне укçа-тенкĕ кирлĕ. Анчах пирĕн çак ĕçе çине тăрсах тумалла, тата чи малтан, уççăнах курăнса тăракан çитменлĕхсене пĕтермелле. Ку ĕçе пирĕн харпăр хăйĕн материальнăй интересĕн принципĕ тăрăх тумалла.

Ĕç тухăçлăхне ÿстерпĕ результата курă харпăр хăйĕн материальнăй интерес пулмалли принципа тата унăн пĕлтерĕшне Ленин кăларса тăратнă тата Совет влаçĕн малтанхи çулĕсенчех хăй алă пусса кăларнă декретсенче закон йĕркипе çирĕплетсе панă.

Хальхи вăхăтра, социализмран майĕпен коммунизма куçнă чухне, харпăр хăйĕн материальнăй интерес пулмалли принципа, хуçалăха социализмла тытса пымалли кирлĕрен те кирлĕ принцип пулса, пĕтĕмĕшпех вăйра юлать, мĕншĕн тесен çак тапхăрта ĕçлени тăрăх валеçес закон вăйра тăрать.

Производительнăй вăйсем ÿссе пынă май, ĕçсынисен материальнăй пурнăç шайĕ те ÿссех пычĕ, капитализм çĕршывĕсенче вара пачах урăхла, унта производительнăй вăйсем ÿснĕ май буржуази пуять, пролетариат чухăнланать. Çакна Торез юлташ Францири ĕçсынисем чухăнланса пыни çинчен калакан çĕнĕ сведенисем пирки çырнă ĕçре питĕ лайăх та яр-уççăн кăтартса панă.

Социализм обществинче ĕç укçине организацилес тĕлĕшпе Ленин тунă никĕссем пĕтĕмĕшпех тĕрĕс пулчĕç. Вĕсем хальхи вăхăтра та вăйра юлассĕ, анчах пурнăç малаллах пырать, тÿрлетÿсем парать, çавăнпа та пирĕн вĕсене шута илмелле.

Тĕрĕссипе каласан, эпир 1932 çулта тариф реформине туса ирттернĕренпех, тариф системине улăштармасăр пурăннă, çакна пула çав системăра нумайăшĕ кивелнĕ, çавăнпа та ăна пурнăçламалли конкретлă формăсене кирлĕ пек тÿрлетÿсем чылай кĕртмелле пулать.

Ĕç укçине организацилес тĕлĕшри тĕп çитменлĕх вăл — тариф системи кивелни пулать. Нумай отрасльсенчи ĕç укçин никĕсĕ пулса тăракан тариф ставкисем уйрăмах кивелнĕ. Промышленноçри рабочисемпе служащисен вăтам ĕç укçи 1940 çултан пуçласа 1955 çула çитиччен 2 хут ытла ÿсрĕ, çав вăхăтрах тариф ставкисем улшăнманпа пĕрех.

Çакăн пирки рабочисем алла илекен ĕç укçин ÿснипе тариф ставки хушшинче пысăк уйрăмлăх пулса тăнă. Ĕç укçин хальхи шайне чакарас мар тесе, продукци туса кăларас ĕçре пĕчĕк нормăсемех усă курассĕ.

Çапла вара тариф ставкипа продукци туса кăлармалли норма ĕç тухăçлăхне тата ĕç укçине ÿстерес ыйтусенче ĕçе кирлĕ таран организацилекен никĕс пулса тăмассĕ, мĕншĕн тесен ĕç укçинчен çуррине ытла рабочисем нормăсене ирттерсе тултарнăшăн тухакан укçа шучĕпе, премисем шучĕпе тата хушса панă ытти тÿлевсен шучĕпе илсе тăрассĕ. Тариф сеткинче, вăл 20 çул хушшинче темиçе хутчен те улшăннине пула, уравниловка элеменчĕсем пурри палăрать.

Аялти шайра тăракан тариф ставкисемпе рабочисем илекен ĕç укçи хушшинчи хальхи уйрăмлăх пĕр енчен çакăнтан та килет: пирĕн промышленноçра ĕçе нормăлассине çителĕксĕр йĕркеленĕ, палăртса панă нормăсене рабочисем тултарса пычăр тесе, çĕнĕ приборсемпе техникăлла çĕнĕлĕхсемпе усă курассине, ку тĕлĕшпе инженерла паха мероприятисем туса ирттерессине питĕ начар йĕркеленĕ.

Хальхи вăхăтра ĕç укçине организацилес пĕтĕм ĕçре пысăк çитменлĕхсем пурри тата вĕсем ĕç тухăçлăхне ÿстерме чăрмантарса тăни халех çакна туса ирттерме хушать: тĕплĕн хатĕрленсе çитсе çак ĕçе йĕркелесе ямалла, е урăхларах каланă тăрăх, ĕç укçин, ĕçе нормăламаллин тариф реформине туса ирттермелле. Ку вăл—çăмăл ĕç мар, ăна тума вăхăт кирлĕ, укçа-тенкĕ те кирлĕ пулма пултарать, çапах та ăна тумаллах.

Сахал ĕç укçи илекен работниксен ĕç укçине ÿстересси пирки Центральнăй Комитет йышăннă питех те паха решение пурнăçласси пысăк задача пулса тăрать. Çав ушкăнсенчи работниксен пурнăç шайне ÿстерес ĕçре ку решени пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Тата, Центральнăй Комитет докладĕнче каланă пекех, цеха тата предприятие ертсе пыраканисен составне ĕç укçи тÿлемелли çĕнĕ система туса хумалла, ăна цех тата предприяти ĕçĕн результачĕсене кура, çак работниксен харпăр хăй материальнăй интересне ÿстерес шутпа тумалла.

Центральнăй Комитет отчечĕ тăрăх съездра сÿтсе явакан мĕнпур ыйтусем тата улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне сÿтсе явни те пирĕн çĕршыври ĕçсынисен тĕп интересĕсене пырса тивессĕ. Çакнă уйрăмах палăртмалла: çак съездра лартнă тата съездра татса паракан чылай ыйтусем кашни ĕçсыннине тÿрремĕнех пырса тивессĕ.

Эпĕ кунта Центральнăй Комитет решенийĕ тăрăх çичĕ сехетлĕ ĕç кунĕ çине куçасси çинчен, сахал ĕç укçи илекенсен ĕç укçине ÿстересси çинчен, ĕçсыннисене пенси парас ĕçе тивĕçлипех лайăхлатасси çинчен, хĕрарăмсен ĕçпе йăлари условийĕсене лайăхлатасси çинчен съездра лартнă ыйтусене асра тытатăп.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче рабочисемпе служащисен ĕç укçине вăтамран 30 процента яхăн ÿстерме, колхозниксен тупăшĕсене вăтамран 40 процентран кая мар ÿстерме палăртнă, пурăнмалли çуртсем тăвассине 2 хут ÿстерме, социальнăй тата культура строительствине малалла вăйлатса пыма палăртнă.

Çак решенисенче пуринче те чи малтанах пирĕн çĕршывра социализм çĕнтерни, социализмла строй чăннипех капитализм стройĕнчен нумай маларах тăни, Отечественнăй вăрçăра эпир тунă çĕнтерÿсем тата коммунизм строительствинче тунă çитĕнÿсем палăрса тăрассĕ. Çаксем вĕсем пирĕн партин аслă совет халăхĕн ÿссе пыракан материальнăй тата культура ыйтăвĕсене çителĕклĕн тивĕçтерес пĕтĕм политикине практикин çĕнтерĕвĕсем пулса тăрассĕ.

Эпир иккĕленсе тăмастпăр: пирĕн паттăр рабочи класс, колхоз хресченĕсем, ĕçсынисем — коммунизм строителĕсем Партипе хăйсен Правительстви вĕсемшĕн çапла тăрăшни çине ĕçри творчествăлла активлăха çĕнĕрен ÿстернипе ответлĕç, хамăрăн Тăван çĕршывăн вăй-хăватне тĕреклетĕç, çапла вара пире коммунизм патне тата ытларах çывхартĕç. **(Нумайччен алă çупассĕ).**

### VII.

Пирĕн çĕршывра хальхи вăхăтра социализмран коммунизма куçмалли хăвăртлăхсене ÿстерме пулăшакан объективлă майсем туса хунă. Çав майсене пурнăçласси ĕçе татса парас енче таранах субъективлă фактортан, хуçалăхпа политикăлла пурнăçăн пур облаçĕсенче те ертсе пырас ĕçĕн шайне тата культурине ÿстернинчен килет.

Уйрăмах профсоюзсен, рабочи класăн чи массăллă организацийĕн, пирĕн партие класпа çыхăнтарса тăракан организацин ролĕ питĕ пысăк. Хальхи вăхăтра профсоюзсем хăйсен ретĕсенче рабочисемпе служащисене 42 миллион çын ытла пĕрлештерсе тăрассĕ.

Пирĕн профсоюзсен, пĕр иккĕленмесĕрех каламалла, хăйсен ĕçĕнче пысăк çитĕнÿсем тунă тата рабочи класс умĕнче, вĕсен партипе государство умĕнче хисепе тивĕçлĕ ĕçсем сахал мар. Нумай тĕлĕшрен вĕсем халăх демократи çĕршывĕсенчи тăванла профсоюзсемшĕн ырă тĕслĕх пулса тăрассĕ тата пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмĕнче ертсе пыракан вырăн йышăнса тăрассĕ.

Анчах та профсоюзсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине курмасăр тăни тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ, çав çитменлĕхсене пĕтерсен коммунизм строительствинче профсоюзсен ролĕ тата ытларах ÿснĕ пулĕччĕ.

Партин Центральнăй Комитечĕн июльри Пленумĕ социализмла ăмăртăва ертсе пырас тĕлĕшпе профсоюзсен ĕçне лайăхлатма кирлине, çак ĕçре формализма пĕтерсе хумаллине, ĕçри новаторсен тата малта пыракан рабочисен опытне тата ытларах сарма кирлине, ĕç дисциплинине çирĕплетес тĕлĕшпе ĕçлемеллине, ĕç тухăçлăхне ÿстерме тата рабочисемпе служащисен материальнăй пурнăçне лайăхлатма тăрăшмаллине кăтартса хăварчĕ.

Профсоюзсен предприятисенче те, çавăн пекех тата центрта та ĕçе тата ĕç укçине нормăлас енĕпе тăвакан питĕ пысăк çитменлĕхсене тупса палăртас тата вĕсене пĕтерес тĕлĕшпе, рабочисемпе служащисен ĕçпе пурнăç условийĕсем çине, ĕçе ниепек-сиенкерен сыхласси çине бюрократла пăхнине хирĕç кĕрешес тĕлĕшпе хăйсен пуçаруллăхне, çине тăрса ĕçлеме пĕлнине, кĕрешÿ хастарлăхне халичченхинчен нумай ытларах палăртмалла.

Профсоюзсен ĕç ыйтăвĕсем çине тата çав ыйтусемпе тÿрремĕнех çыхăнса тăракан производство ыйтăвĕсем çине ытларах тимлĕн пăхмалла. Ку тĕлĕшпе профсоюзсен производствăлла канашлăвĕсем пысăк вырăн йышăнмалла, çак канашлусен ĕçне активлăлатмалла тата чылай лайăхлатмалла.

Профсоюзсен пĕтĕм ĕçне, аялтан пуçласа çÿле çитиччен, вăйлатмалла, производствăри рабочи-новаторсем çине, рабочисемпе пĕтĕм ĕçсынисен ÿссех пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерессе çине бюрократла, чунсăр пăхнине хирĕç большевикла çирĕплĕхпе кĕрешмелле.

Профсоюзсем, хăйсем коммунизм строительствине активлăн хутшăнса ĕçленипе аслă Ленин вĕсене коммунизм шкулĕ, тесе ят панине, Ленин: ку шкул пачах та яланхи пек шкул мар, управление хутшăнмалли, хуçалăха тытмалли шкул, коммунизм шкулĕ пулать, тенине—нихçанхинчен ытларах тÿрре кăлармалла. **(Алă çупассĕ).**

Пирĕн çĕршыв КПСС XX съездне чаплă çĕнтерÿсемпе кĕтсе илни, коммунизм тăвакан совет обществине хавхалантарса тата организацилесе пыракан тĕп вăй — пирĕн парти чăннипех аслă та чаплă парти пулнине, вăл ĕçе татса паракан вырăн йышăнса тăнине çĕнĕ хăватпа палăртать.

(Вĕçĕ 4-мĕш страницăра).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Л. М. Каганович юлташ сăмахĕ

(Вĕçĕ).

Парти организацийĕсем профсоюзсен органĕсене тата ытти массăлла организацисене, вĕсен вырăнне ĕçлемесĕр тата вĕсен ответлăхне чакармасăр, ертсе пырас тĕлĕшпе хăйсен ĕçне лайăхлатма тивĕçлĕ.

Парти организацийĕсем хуçалăх, профсоюз тата комсомол организацийĕсен руководителĕсене пĕтĕм рабочисемпе служащисене хăйсем умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлассишĕн пысăк ответлăх туйма вĕрентсе пырса воспитани памалла, хăйсен пĕтĕм организациллĕ тата партиллемассăлла ĕçне çапла туса пымалла: çак ĕç коммунистсене, вĕсем урлă партире тăман пĕтĕм коллектива, конкретлă влияни парса тăтăр.

Производство техникине тата экономикине тарăннăн алла илсе пынă никĕс çинче парти организацийĕсен рабочисен, колхозниксен, халăх интеллигенцийĕн ӳссе пыракан творчествăлла активлăхне тата пуçарулăхне ертсе тата тĕллев парса пымалла. Çапла майпа социализмла ăмăртăва аталантармалла, çĕнĕ техникăна, новаторсен меслечĕсене ĕçе кĕртсе вĕсемпе лайăхрах усă курмалла, ĕç тухăçлăхне ӳстермелле, совет çыннисен ĕçне çăмăллатмалла тата вĕсен пурнăçне лайăхлатмалла, культурине ӳстермелле.

Массăсемпе тачă çыхăнса тăни, вĕсен сассине тимлĕн итлени, мĕнпур нушисене палăртма пĕлни, массăсене вĕрентни кăна мар, вĕсенчен хăйсенчен те вĕренсе пыни—çаксем пурте яланах пирĕн партин вăйĕпе никам çĕнеймн хăвачĕн пахаран та паха çăлкуçĕ пулнă, малашне те çапла пулĕç. Лайăх большевик вăл—чи малтан лайăх массовик.

Центральнăй Комитетăн отчетлă тапхăрти ĕçĕ вăл пурнăçпа, массăсемпе çыхăнса тăнине, вĕсен творчествăлла пуçарулăхĕпе чи ырă ĕмĕт-шанчăкĕсене палăртма тата пурнăçа кĕртсе пыма пĕлнине яр-уççăн кăтартса паракан тĕслĕх пулать.

Партипе Правительство государство аппаратне лайăхлатассишĕн тата йӳнетессишĕн кĕрешсе паллă çитĕнӳсем тӳрĕç пулин те, çак аппаратăн ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Чи пысăк çитменлĕх вăл—государство аппаратĕнчи ертсе пыракан кадрсен пĕр пайĕ массăсемпе, пурнăçпа çителĕксĕр çыхăнса тăни тата бюрократизм чирĕпе аптăрани пулать.

Çапла тумалла: ертсе пыракан работниксем, министерствăсенчен пуçласа предприятисем, колхозсем, МТС-сем тата совхозсем таранах, производствăра тăтăшрах пулчăр, рабочисемпе колхозниксем умне ытларах тухса калаçчăр, вĕсене интереслентерекен тата хумхантаракан ыйтусем çине ответсем парчăр. Ун чухне руководительсем хăйсем те вара хăйсен ĕçĕнчи ыйтусене сивĕчрех лартма тытăнĕç.

Эпĕ тата тепĕр кирлĕ ыйту пирки каласшăн. Ĕççыннисен çырăвĕсемпе жалобисене пăхса тухас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Çапла тумалла: руководительсем ĕççыннисене йышăнмалла, вĕсен çырăвĕсемпе, жалобисемпе, заявленийĕсемпе паллашмалла, вĕсенче лартнă ыйтусене тимлĕн те хăвăрт татса памалла.

Совет çыннисем, ĕççыннисем, яланах пирĕн партишĕн чи хаклă вырăнта пулнă тата çапла пулаççĕ те. Партин халăх интересĕсемсĕр пуçне, пĕтĕм ĕççыннисен телейĕшĕн кĕрешнисĕр пуçне урăх интерессем çук тата пулма та пултараймасççĕ. Çавăнпа та халăх партие юратать, хăйĕн тăван Коммунистсен партине пулăшса пырать тата малашне те пулăшса пырĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

VIII.

Пирĕн государство тата хуçалăх строительствин пур отраслĕсенче те партие тата халăха вĕçĕмсĕрех парăнса ĕçлекен квалификациллĕ нумай-нумай кадрсем пурри вăл пирĕн питĕ пысăк çĕнтерӳ пулать. Çакăнпа пĕрлех ку вăл улттăмĕш пилĕк çуллăхра хамăр умра тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçлама шанчăк парса тăрать. Халĕ çав кадрсен пахалăхне ӳстерес енĕпе, вĕсен техникăлла, политикăлла тата экономикăлла шайне ӳстерес енĕпе тата вăйлăрах ĕçлеме тытăнмалла.

Çакна май Н. С. Хрущевăн докладĕнче партин идеологилле ĕçне вăйлатасси çинчен, теори практикăран, практика теорирен уйрăлса кайнине пĕтересси çинчен сивĕччĕн лартнă ыйтăвăн пĕлтерĕшĕ калама çук пысăк. Çак ĕçри çитменлĕхсене Центральнăй Комитет хушнă пек тӳрлетсе пыни, паллах, хăйĕн уссине паратех. Кадрсем хăйсен теорилле шайне ӳстерĕç, çапла вара коммунизм строительствин задачисене тата ăнăçлăрах пурнăçласа пырĕç. Ку вăл теоришĕн те усăллă пулĕ, вăл çĕнĕ опытпа, коммунизм строительствин практикипе пуянланса пырĕ, çавăн пекех практикăшăн та усăллă пулĕ, ăна теори лайăхрах çутатса тăрĕ.

Центральнăй Комитетăн отчечĕ идейăна теори тĕлĕшĕнчен çӳлĕ шайра тăрать, çакă вăл Центральнăй Комитетăн отчетлă тапхăрти ĕçне тата пĕтĕм партин пурнăçне туллин кăтартса парать.

Эпир пĕлетпĕр, Центральнăй Комитет çак тапхăрта принципла тата теорилле питĕ пысăк ыйтусем чылай лартса татса панă. Çав ыйтусем вĕсем пирĕн йывăр индустри малалла аталанса пымалли çулйĕр пирки, коммунизм строительствин хальхи тапхăрне хакласси пирки тăракан ыйтусем, тĕнчери политика ыйтăвĕсем тата ытти ыйтусем пулчĕç.

Партин XIX съезчĕ хыççăн Центральнăй Комитет уйрăм çынсене пысăка хурассине хирĕç кĕрешесси пирки хăвалăн (апĕ идейăллăх, принциплăх, теори тĕлĕшпе хăюллă пулни çинчен калатăп) ыйту лартрĕ. Ку вăл çăмăл ыйту мар. Анчах Центральнăй Комитет çак ыйту çине тӳрĕс, марксистла-ленинла, партилле ответ пачĕ. Уйрăм çынсене пысăка хуни—сиенлĕ йăла, вăл массăсене, партие тата унăн ертсе пыракан кадрĕсене вĕçĕне хунине пĕлтерет.

Уйрăм çынсене пысăка хунине тăрă шыв çине кăларни, халăх массисен рольне, партипе унăн ертсе пыракан кадрĕсен рольне, сулпуççен рольне тӳрĕс, марксистла-ленинла ăнланни партин пĕрлĕхне тĕреклетес ĕçре калама çук пысăк вырăн йышăнса тăрать. Уйрăм çынсене пысăка хунине хирĕç кĕрешни пирĕн партин ертсе пыракан коллективне чăмăртанма тата тачă пĕтĕçме пулăшнă кирлĕрен те кирлĕ фактор пуласа тăчĕ.

Партие коллективлăн ертсе пыни тĕрĕс ертсе пыма, партипе государство пурнăçĕн кирлĕрен те кирлĕ ыйтăвĕсене пур енчен те тарăннăн тишкерсе тухма тата ленинла тĕрĕс татса пама çирĕп шанчăк туса парать.

Чи пахи кунта çакă: партие коллективлăн ертсе пыни партилле, принциплă, марксистла-ленинла никĕс çинче пĕрлĕхлĕн те таччăн чăмăртаннипе пулса тăрать.

Парти пĕрлĕхне тĕреклетни партин шалти пурнăçĕнче ленинла нормăсене тĕрĕс пурнăçласа пыма пулăшнă, пулăшать те, çав нормăсене парти вуншар çул хушши кĕрешсе, тĕпчесе никĕслесе пынă, вĕсем партин пĕтĕм ĕçĕнче çĕнтерӳллĕн коммунизм тăвакан совет халăхне хавхалантаракан тата организацилекен тĕп вăй пулса тăраççĕ. (Алă çупаççĕ).

Юлташсем! Партин XX съезчĕн уйрăмлăхĕ çакăнта: вăл, халиччен тунă çитĕнӳсем çине таянса, историлле кĕске срокsенчех промышленность таварĕсем тата апат-çимĕç продукчĕсем нумайран та нумай туса çитерес ĕçĕн практикăлла программине, социализмран коммунизма хăвăртрах куçмалли программăна кăларса тăратма пултарать.

Çакăнпа вара КПСС XX съезчĕ пирĕн парти коммунизм обществи тумалли ленинла геннилле плана пурнăçа кĕртессишĕн пыракан кĕрешĕвĕн çĕнĕ, çӳлĕрех тапхăрне çĕкленине кăтартса парать. XX съезд партин историне коммунизмăн çĕнтерӳллĕ строителĕсен съезчĕ пулса кĕрсе юлать. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕ тата улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе XX съезд паракан Директивăсен проекчĕ пирĕн çĕршыв техника, экономика енĕпе, социальнăй, культурăлла, наукăлла пурнăç енĕпе, халăх пурнăçĕн шайне çĕклес, социализмла государство вăй-хăватне тĕреклетес енĕпе хăвăртăн малалла каймалли чаплă малашлăха уçса парать. Çав малашлăх пĕтĕм тĕнчери халăхсен умĕнче пирĕн партипе тата хамăрăн Тăван çĕршыва тата чаплăраххăн кăтартса, кашни коммунист чĕрине, кашни совет çынни чĕрине патриотла мухтавлăх, çутă савăнăç кӳрет. (Алă çупаççĕ).

Çак совет патриотизмĕпе пирĕн пролетарилле интернационализм уйрăлми çирĕп çыхăнса тăраççĕ, мĕншĕн тесен эпир аслă Китай халăхĕпе, халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисемпе тăванла тачă пĕрле ĕçлесе, тĕнчери пĕтĕм çĕршывсенчи ĕççыннисем пирĕн майлă пулнипе тата пире пулăшса тăнипе, коммунизм тăватпăр. (Алă çупаççĕ).

Отчетлă тапхăрта пирĕн партин вăйĕ, унăн ертсе пыракан коллективĕн вăйĕ татах та татах тĕрĕсленчĕç. Ку тĕрĕслен çакна кăтартса пачĕ: халăхăн шанчăклă, пĕрлĕхлĕ, тачă пĕтĕçнĕ ленинла партийĕ пур. Партин çирĕп, тачă пĕтĕçнĕ, çапăçусенче иксĕхнĕ Совет Союзĕнчи аслă Коммунистсен партине чăннипех тивĕçлĕ ленинла Центральнăй Комитет пур. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Ленинла Центральнăй Комитет ертсе пынипе пирĕн аслă, хăйĕн пĕрлĕхĕпе çирĕп парти, тата парти ертсе пынипе Совет Союзĕнчи паттăр халăхсем çĕнтерӳллĕн коммунизм туса çитерĕççех. (Тăвăллăн алă çупаççĕ).

# СЪЕЗД ДНЕВНИКĔ

## Февралĕн 23-мĕшĕнчи каçхи лару

(Малалла. Пуçламăшĕ 1-мĕш страницăра).

Хăйĕн сăмахĕнче Кучеренко юлташ хула строительствин ыйтăвĕсем çинче нумай чарăнса тăнă.

Унтан В. В. Мацкевич юлташа сăмах панă. Центральнăй Комитет, пирĕн пĕтĕм парти, тенĕ вăл, ялхуçалăхне вăйлатас ĕç çине çав тери тимлĕ пăхрĕç. Йышăннă мерăсем пулăшнипе ялхуçалăхĕнчи ĕçсем палăрмаллах лайăхланчĕç. Ялхуçалăх продукцийĕ туса илессине ӳстерес, колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетес ĕçре малтанхи çитĕнӳсене тунă.

Тĕштырă пухса кĕртессине ӳстерессн çинчен калаcа, оратор тĕштырăсене акмалли тата пухса кĕртмелли срокsене кĕскетни, сулса пултарса пухса кĕртни, сортлă вăрлăхсен акни пысăк вырăн йышăнса тăнине уйрăмах палăртнă. Промышленность работникĕсен подборщикл комбайнсем, жаткăсем (виндроуэрсем) туса кăларассине хăвăрт ӳстермелле, çавăн пекех ялхуçалăхне транспорт хатĕрĕсем ытларах парса тăмалла.

Çĕрĕç органĕсен ĕçĕ çинчен сăмах хускатса, Мацкевич юлташ çапла каланă: ялхуçалăх специалисчĕсен, МТС-семпе колхозсен ертсе пыракан работникĕсен экономикăна вĕренес пулать. Оратор çакăн çинчен пĕлтернĕ: халĕ кашни облаçра комплексла опытлă ялхуçалăх станцийĕсем е институтсем тăваççĕ. Вĕсен облаçри ялхуçалăх умĕнче тăракан чи кирлĕ ыйтусене наукăпа практика енĕпе тĕпчесе хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлемелле пулать.

А. Г. Шереметьев юлташ хура металлургие малалла аталантарасси çинчен каланă. Пирĕн металлурги, тенĕ вăл, тĕнчере халиччен пиксăн та пулман пысăк хăвăртлăхсемпе аталанса пырать. Юлашки 26 çул хушшинче пирĕн çĕршывра хурçă шăратса кăларасси, вăтам шутпа илсен, çулталăкра 9 процент ӳснĕ, çак вăхăтрах вăл США-ра пурĕ те 2,4 процент, Англире—2,8 процент, Францире—1 процент кăна ӳссе пынă. Çапла пулсан та, пирĕн çĕршывăн халăх хуçалăхĕ валли металл çитменлĕ мар-ха.

Иртнĕ пилĕкçуллăхра, тенĕ оратор, металлурги процесĕсене интенсификацилес, агрегатсене механизацилес тата автоматизацилес тĕлĕшпе чылай пысăк ĕçсем туса ирттернĕ. Çакă вăл халĕ ĕçлекен оборудованипе усă курассине лайăхлатма май панă. Çакăнпа пĕрлех хура металлургин чылай предприятийĕсен ĕçĕнче хăшпĕр пысăк çитменлĕхсем пур-ха: производство хăвачĕсемпе туллин усă курмаççĕ, хăшпĕр заводсем плансене тултарса пымаççĕ, малта тăракан техникăна тата чи лайăх предприятисен опытне ĕçе вăраххăн кĕртсе пыраççĕ.

Металлургсем умне улттăмĕш пилĕкçуллăхра лартнă пысăк задачăсене пурнăçлама, тесе кăтартса панă оратор, халĕ ĕçлекен агрегатсемпе усă курассине нумай лайăхлатмалла, предприятисен хăвачĕсене пысăклатса пымалла, капитальнăй строительствăна вăйлатмалла.

Малалла Шереметьев юлташ домна производствин технологине лайăхлатас, паха хурçăсем шăратассине тата прокат туса кăларассине ӳстерес тĕлĕшпе Хура металлурги министерстви мĕн-мĕн тума палăртса хуни çинчен каланă. Совет Союзĕнчи металлургсем, тенĕ юлашкинчен Шереметьев юлташ, çĕнĕ пилĕк çуллăх плана ăнăçлă пурнăçлама пĕтĕм вăя хурса тăрĕç.

Председатель пуçса ертсе пыраканĕ:

— Пирĕн съезда саламлама çамрăк пионерсем килчĕç,—тесе пĕлтерет.

Делегатсемпе хăнасем ура çине тăраççĕ, пионерсене тăвăллăн алă çупса кĕтсе илеççĕ.

Прозăпа тата сăвăласа çырнă саламлă çыру текстне темиçе ачапа хĕрача вуласа параççĕ. Çырура Коммунистсен тăван партине вĕçĕ-хĕррисĕр юратни палăрса тăрать.

Хăватлă, чаплă ĕçӳсемшĕн,
Советăн аслă халăхне
Октябрь панă ырлăхсемшĕн,
Юратнă Парти, тавтапуç!
Хĕрӳ хĕвел хĕртсе пăхнишĕн,
Шкула хаваслăн çутатнишĕн,
Лагерьсенче ирпе-ирех
Сунатлă юрă шăраннишĕн,
Пулас кун-çулăмăршăн эс
Ырма пĕлмесĕр тăрăшнишĕн,
Тăван çĕршывăн хӳттинче
Эпир телейлĕ пурăннишĕн, —
Юратнă Парти, тавтапуç!

Пионерсем хăйсен чи хаклă ĕмĕчĕсем çинчен каласа параççĕ: пĕрисем станоксем умне тăрасшăн, теприсем çĕнĕ çĕрсем çине ĕçлеме каясшăн, виççĕмĕшсем шахтер, агроном, строитель ĕçне вĕренесшĕн, нумайăшĕ, уйрăмах арçын ачасем, летчиксем, моряксем пуласшăн. Пирĕнтен кашниех, теççĕ ачасем, хăйĕн ĕмĕчĕсене пурнăçлама пултарать. Лайăх вĕрен кăна. Эпир лайăх вĕренме тăрăшатпăр та...

Юлашкинчен чĕнӳ сăмахĕсем янраса илтĕнеççĕ: Çамрăк пионерсем! Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн ĕçĕшĕн кĕрешме хатĕр пулăр!

Çĕршер ача аллисем çĕкленсе салют параççĕ, янравлă сасăсем пĕр харăс ответлеççĕ: Яланах хатĕр!

Ачасемпе хĕрачасен ушкăнĕ президиум патне пырать. Ачасем Партипе Правительство руководителĕсене, çавăн пекех урăх çĕршывсенчи коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисен руководителĕсене чĕрĕ чечек çыххисем парнелеççĕ.

Залран тухса каякан ачасене съезд делегачĕсем ăшă кăмăлпа ăсатса яраççĕ.

Унтан И. А. Каиров юлташа сăмах панă. Вăл çакна палăртнă: улттăмĕш пилĕкçуллăхăн культура тĕлĕшĕнчи питĕ пысăк задачисенчен пĕри вăл пурне те вăтам пĕлӳ парас ĕçе пур çĕрте те пурнăçласси пулать. Çак задачăн пĕлтерĕшĕ, тенĕ оратор, калама çук пысăк. Ăна пурнăçлани совет çĕршывĕнчи социализмла культурăна малалла аталантарас ĕçе пысăк вăй хунине пĕлтерĕ.

Каиров юлташ РСФСР-та шкулсем тумалли план çинчен каланă. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра республикăра 7 пин шкул ытла тумалла. Çак шкулсенче вĕренекенсем валли 2,5 миллион вырăн пулать.

Юлашкинчен Каиров юлташ шкулти вĕрентӳпе воспитани ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе РСФСР Çутĕç министерстви мĕнле ĕçсем туса пыни çинчен каласа панă.

## Коммунизм строительствинчи çĕнĕ çĕнтерӳсемшĕн



УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Агитатор Н. Афанасьева юлташ Шупашкарти чăлха фабрикинче ĕçлекенсене КПСС XX съезчĕн материалĕсене вуласа парать.

Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

## Тата лайăх ĕçлеме пулаççĕ

ÇĔМĔРЛЕ, февралĕн 22-мĕшĕ. (Телефонпа). Сĕтел-пукан комбинатĕнчи рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем тата служащисем çак кунсенче КПСС XX съезчĕ ĕçленине тимлĕн сăнаса тăраççĕ. Цехсенче улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕнчи производство планне срокчен тултарассишĕн социализмла ăмăрту сарăлчĕ.

Партин XX съезчĕ ячĕпе цехсенче ĕççыннисен митингĕсем пулса иртрĕç. Пĕрремĕш цехра ĕçлекенсен митингĕнче цехри парторганизаци секретарĕн заместителĕ А. Петров юлташ КПСС XX съезчĕн ĕçĕсем çинчен доклад турĕ. Вăл пирĕн çĕршыв экономикăпа культура енĕпе хăвăртлăн аталанса пыни, çĕнĕ пилĕкçуллăхра çĕршывра пур енĕпе те татах та пысăк çитĕнӳ тума палăртни çинчен калать, цех коллективне ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн кĕрешме чĕнет.

Ун хыççăн цехри механик С. Кукеенков юлташ сăмах илчĕ.

— Иртнĕ пилĕкçуллăхра,—терĕ вăл,— эпĕ оборудование яланах лайăх ĕçлеттерме тăрăшрăм. Пĕтĕм коллектива производство планне ăнăçлă тултарма пулăшас тесе, тĕрлĕ станоксене яланах кал-кал ĕçлеттерме, хама шанса панă чыслă ĕçе тӳрĕ кăмăлпа туса пыма пулатăп.

Рамщик И. Подклетов юлташ иртнĕ пилĕкçуллăхра нормăна яланах ирттерсе тултарни, КПСС XX съезчĕн решенийĕсемпе хавхаланса, татах та лайăхрах ĕçлеме пулни çинчен калать.

— Партипе правительство ĕç условине лайăхлатса пыма тăрăшаççĕ. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра 7 сехет ĕçлемелле тума, сахал ĕç укçи илекенсен ĕç укçине ӳстерме тата ытти енĕпе те ĕççыннисен пурнăçне татах та ытларах лайăхлатма палăртнă. Çакăнна хавхаланса татах та лайăхрах ĕçлеме пулатăп,—тет вăл.

Цех коллективĕ, чĕртавар биржипе ăмăртăва тухса, çĕнĕ пысăк обязательствăсем йышăнчĕ.

Е. АФАНАСЬЕВ.

## Ĕçри хастарлăх ӳссех пырать

ВĂРНАР. (Телефонпа). МТС-ри механизаторсем çак кунсенче уйрăмах пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ. Вĕсем партин XX съезчĕ уçăлнă кун тĕлне 47 трактор юсаса кăларчĕç. МТС коллективĕ тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене мартăн 1-мĕшĕ тĕлне юсаса пĕтерме обязательство йышăнчĕ.

— Эпĕ ертсе пыракан бригадăри механизаторсем, — терĕ улттăмĕш трактор бригадин бригадирĕ Иван Николаев, — съезд ячĕпе илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçларĕç. Пирĕн бригадăра 6 трактор. Эпир вĕсене пурне те юсаса пĕтертĕмĕр. Халĕ «Большевик» колхоза строительство материалĕсем турттарса паратпăр. Бригадăри механизаторсем колхозсене кашни гектартан 100-шер пăт тырпул туса илме пулăшас задача лартрĕç. Ниммĕн иккĕленмелли те çук, эпир ăна пурнăçлатпăрах.

— КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă доклада эпĕ пысăк тимлĕхпе вĕренме тытăнтăм,—тет Сергей Богатов комбайнер.—Парти халăх хуçалăхне малалла вăйлатас, ĕççыннисен пурнăçĕпе культурăлла шайне хăпартас тĕлĕшпе палăртнă пысăк ĕçсем мана кулленех çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантараççĕ. Эпĕ кăçал хам ĕçлекен комбайнпа 450 гектар тырпул пухса кĕртме сăмах паратăп.

«Победа» ялхуçалăх артелĕн членĕсем те партин XX съездне хуçалăхри çĕнĕ ӳсĕмсемпе кĕтсе илчĕç.

— Пирĕн артель членĕсем,—терĕ пухура артель председателĕ А. Горбунов юлташ,—КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕн решенийĕсене пурнăçласа, иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче кашни гектартан 16-шар центнер тырпул туса илчĕç. Колхозăн уй-хиртен тата выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăшĕ пĕр миллион тенкĕрен иртрĕ. Парти пире халиччен çитĕнӳсемпе лăпланса ларма хушмасть, куллен-кун çĕнĕ çитĕнӳсем тума вĕрентет. Çакна пирĕн колхозниксем яланах асра тытаççĕ. Эпир партин XX съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртура выльăх самăртас тата аш-какай туса илес енĕпе районта мала тухса, райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне илме тивĕçлĕ пултăмăр. Çĕнĕ хуçалăх çулĕнчи тăватă уйăх хушшинче кашни 100 гектар çĕр пуçне 16-шар центнер аш, вăл шутран усă куракан çĕрĕн 100 гектарĕ пуçне 9,2-шер центнер сысна ашĕ туса илтĕмĕр. Халĕ пирĕн умра тăракан тĕп задачăсенчен пĕри вăл кăçал кашни гектартан 17-шер центнер тырпул пухса кĕртесси, кашни 100 гектар çĕр пуçне 100 центнер сĕт, 60 центнер аш, усă куракан çĕрĕн кашни 100 гектар çĕр пуçне 20 центнер сысна ашĕ туса илесси пулать.

Хальхи вăхăтра ку колхозра, районти ытти колхозсенчи пекех, вуншар агитаторсем съезд материалĕсем тăрăх калаçусем ирттереççĕ, докладсем туса параççĕ. Колхозниксем съезд ĕçленĕ кунсенче хăйсен ĕçри хастарлăхне темиçе хут ӳстерчĕç, татах ӳстерсе пыраççĕ. Кĕске вăхăт хушшинчех мĕнпур вăрлăха акма юрăхлă кондицие çитерчĕç, уй-хире 7 пин лав ытла тислĕк кăларчĕç тата 600 тонна минераллă удобренисем кӳрсе килчĕç.

Вăрмапромхоз коллективĕ те XX съезд материалĕсене вĕреннĕ май хăй çине пысăк обязательствăсем илет. Чăрăклăри автоçул коллективĕ, съезд уçăлнă кун тĕлне йывăç турттармалли икĕ уйăхри заданине срокчен пурнăçланăскер, кăçалхи пĕрремĕш квартал планне мартăн 15-мĕшĕ тĕлне, çулталăкри плана декабрĕн 10-мĕшĕ тĕлне тултарма пулчĕ.

С. ФЕДОТОВ.
В. КУЗНЕЦОВ.

## Хаваслă туйăмпа

Шупашкарти макарон фабрикинчи рабочисемпе служащисем историлле çак паллă кунсенче, мĕнпур совет çыннисем пекех, хаваслă туйăмпа пурăнаççĕ. Хăйсем—кунта, шухăшĕсем вĕсен—Мускавра, Кремльте, партин XX съезчĕ ĕçленĕ çĕрте. Съезд ячĕпе илнĕ обязательствăсене тивĕçлипе пурнăçлассишĕн тăрăшаççĕ вĕсем. Январь уйăхĕнчи плана ăнăçлăн тултарнă. Февраль уйăхĕнчи плана икĕ кун малтан тултарма шутлаççĕ. Вермишель туса кăлармалли плана февралĕн 21-мĕшĕнче пурнăçланă. Ĕç нормине кам мĕнле тултарнине кăтарту хăми çинче курма пулать. Нормăна тултарман пĕр рабочи те çук. Типĕтмелли цехра В. Белякова комсомолка бригади кунсерен икĕ норма тултарать.

Формовочнăй цехра М. Липинăпа А. Семенова ĕç нормине 150 процента яхăн тултарса пыраççĕ. М. Лапина макарон фабрикинче татти-сыпписĕр çирĕм çула яхăн ĕçлет.

Иртнĕ çулта производство процесĕсене механизацилес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттернĕ. Главнăй инженер В. Дыбля, рационализаци ĕçне хăй активлă хутшăннипе пĕрлех, мастерсене тата рабочисене çак ĕçе ытларах явăçтарма, рабочисен творчествăлла пуçарулăхне тăтăшах ӳстерсе пыма тăрăшать. Иртнĕ çулта рационализаторла вунпĕр сĕнӳ панă, вĕсенчен тăххăрăшĕпе производствăра усă курма тытăннă. Кăçал рабочисем икĕ сĕнӳ панă.

Алă вĕççĕн туса пыракан чылай ĕçсене халĕ электричество вăйĕпе тăваççĕ.

Производствăри ĕçсене механизацилемелли план туса хатĕрленĕ. Унта çĕнĕ пилĕкçуллăхра ку тĕлĕшпе мĕн-мĕн тумаллине кăтартса панă. Макарон фабрики икĕ çул хушшинче тĕпренех улăшнмалла. Мĕн пур ĕçсене çĕнĕ йышши машинăсем, сурмаавтоматсем тата автоматсем туса пымалла.

П. ИВАНОВ.

## Тулли кăмăлпа ырлаççĕ

ЙЕПРЕÇ. КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ КПСС Центральнăй Комитечĕн ĕçĕ çинчен тунă отчетлă доклад тăрăх партин XX съезчĕ йышăннă постановление колхоз ĕçченĕсемпе механизаторсем тулли кăмăлпа ырлаççĕ.

Машина-трактор станцийĕнчи тата колхозсенчи агитаторсем КПСС XX съезчĕн материалĕсем тăрăх калаçусем ирттереççĕ. Колхозниксемпе колхозницăсем çĕнĕ пилĕкçуллăхра ялхуçалăхĕ умне лартнă задачăсене срокчен пурнăçлама пулаççĕ.

— КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕнче, — тет Сталин ячĕпе тăракан колхозри ĕне фермин заведующийĕ А. Андреев юлташ, — выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе халиччен тунă ӳсĕмсемпе ĕçри çитменлĕхсене тĕплĕн кăтартса панă. Партипе правительство пирĕн умма кашни 100 гектар çĕр пуçне сĕт суса илессине ӳстермелли задача кăларса тăратрĕç. Çак задачăна чыслăн пурнăçлама пултаратпăр. Пирĕн ĕнесен сĕт тухăçлăхне ӳстермелли халиччен усă курман резервсем пур. Çакна эпир юлашки уйăхсенче тунă ӳсĕмрен те лайăх куратпăр.

Сталин ячĕпе тăракан колхозра 4 уйăх хушшинче кашни ĕнерен вăтам шутпа 401-шер литр сĕт суса илнĕ. Социализмла ăмăртура Алексеевăпа Большова юлташсем малта пыраççĕ. Вĕсем çак хушăрах 450—470-шер литр суса илнĕ. Ĕне ферминче ĕçлекенсем кăçал вăтам шутпа кашни ĕнерен 2 пин литртан кая мар сĕт суса илме обязательство йышăннă.

— Ялхуçалăхне хăватлăн аталантарас тĕлĕшпе улттăмĕш пилĕкçуллăхра тăракан пысăк задачăсене, — тет «Заря» колхозри чăх-чĕп фермин заведующийĕ А. Ларионова юлташ,—эпир чыслăн пурнăçласа пырăпăр. Кăçал эпир вăтам шутпа кашни чăхран 90 çăмартаран кая мар илетпĕр.

«Заря» колхозăн чăх-чĕп ферминче ĕçлекенсем чăнах та хăйсен сăмахне чыслăн пурнăçлама пултараççĕ. Кăçалхи январьте вĕсем иртнĕ çулхи икĕ уйăхринчен 490 çăмарта нумайрах пухса илнĕ.

Тырпул тухăçлăхне ӳстерсе пырас, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тупăшне ӳстерес енĕпе улттăмĕш пилĕкçуллăхра тăракан задачăсене пурнăçлассишĕн ялхуçалăх ĕçченĕсем социализмла ăмăртăва вăйлатса пыраççĕ. «Путиловка», Киров ячĕпе, Маленков ячĕпе, Сталин ячĕпе тăракан колхозсенче çуракине пур енĕпе те тĕплĕн хатĕрленсе çитме тăрăшаççĕ. Маленков ячĕпе тăракан колхоз членĕсем акмалли мĕнпур вăрлăха кĕске вăхăтра хатĕрлесе çитерчĕç, уя 500 тонна ытла тислĕк кăларчĕç, минераллă удобренисем нумай кӳрсе килчĕç.

— Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсемпе хавхаланса, — тет Киров ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Иванов юлташ, — эпир кăçал вăтам шутпа кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă туса илме, кашни 100 гектар çĕр пуçне 270 центнертан кая мар сĕт суса илме тăрăшатпăр.

Н. ПАВЛОВ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ февралĕн 25-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Люська», февралĕн 26-мĕшĕнче кăнтăрла та, каçхине те вырăсла спектакль «Кремлевские куранты». Часах чăвашла спектакль «Ылханлă йăх» кăтартма пуçлаççĕ. Спектакльсем 12 тата 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

### КИНО

«РОДИНА». Февралĕн 25-мĕшĕнче кăнтăрлахи сеанссенче илемлĕ фильм «Земля и люди», каçхи сеанссенче çĕнĕ илемлĕ фильм «Судьба барабанщика», концертсем ирттермелли залра илемлĕ фильм «Ляна» кăтартаççĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00053 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573. Тираж 87.000 экз.